ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Декабрь 22 ЫТЛАРИКУН № 248 (9157)

Хакĕ 20 пус. 36-мĕш çул тухать.

**Паянхи номерте:**



# США Президенчĕ Эйзенхауэр 1953 çулхи декабрĕн 8-мĕшĕнче тухса калани пирки Совет Правительстви тунă ЗАЯВЛЕНИ

США Президенчĕ Эйзенхауэр декабрĕн 8-мĕшĕнче ООН Генеральнăй Ассамблейинче атомлă хĕçпăшал çинчен тăракан ыйту пирки сăмах тухса каланă.

США-н СССР Союзĕнчи посолĕ Ч. Болен господин декабрĕн 7-мĕшĕнче СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ В. М. Молотов патне пыни çинчен тата, вăл хăйĕн правительстви хушнă тăрăх калатăп тесе, Совет Правительствине Президентăн сăмахĕнчи сĕнӳсем çине тимлĕ пăхма ыйтни çинчен пĕлтерĕччĕ ĕнтĕ. Декабрĕн 9-мĕшĕнче Ч. Болен господин Эйзенхауэр тухса каланă сăмахран илнĕ уйрăм вырăнсене В. М. Молотов патне ярса панă.

Декабрĕн 21-мĕшĕнче СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ В. М. Молотов Президент Эйзенхауэр тухса калани пирки Совет Правительстви тунă Заявленин алăраха пичетленекен текстне Ч. Болен господина панă.

Бунпа пĕр вăхăтрах США посолĕ Ч. Болен господин В. М. Молотов патне янă çыру тата Президент Эйзенхауэр ООН Генеральнăй Ассамблейин ларăвĕнче тухса каланă сăмахран илнĕ уйрăм вырăнсем, Болен господин ярса панăскерсем, пичетленеççĕ.

Совет Правительствин Заявленийĕнче çапла каланă:

ООН Генеральнăй Ассамблейинче декабрĕн 8-мĕшĕнче тухса каланă сăмахра США Президенчĕ Эйзенхауэр атомлă хĕçпăшала васкасах хатĕрленин ыйтăвĕ çинчен чарăнса тăнă.

Атомлă хĕçпăшал васкасах хатĕрленине хирĕç правительствăсем мерăсем йышăнмасан, тĕнчери халăхсемшĕн хăрушлăх пулса тăрассине США Президенчĕ тĕрĕсех палăртнă. Çакă вăл халĕ, атомлă хĕçпăшалпа пĕрлех, атомлă хĕçпăшалтан темĕн чухлĕ хăватлăрах водородлă хĕçпăшал тунă хыççăн, уйрăмах тĕрĕс. Тата çĕнĕ йышши çавăн пек хĕçпăшалсем çинчен те,—ракетлă хĕçпăшал çинчен те, çавăн пекех атомпа авăрланă торпедăсем тата ыттисем çинчен те манма юрамасть. Ракетлă хĕçпăшала кучуххехи техника, самолетпа илсе каймасăрах, пиншер километрти вырăна яма май парать.

Атом энергийĕне практикăра усă курмалли майсене тупни кучуххехи наукăпа техникăн пирех те чаплă çитĕнĕвĕ пулса тăрать. Атом энергийĕне вăрçăри тĕллевсене пурнăçлама усă курмалли майсене те, çавăн пекех унпа мирлĕ тĕллевсене пурнăçлама усă курмалли майсене те тупса палăртнă. Халиччен атом энергийĕне, нимĕнрен ытларах, хĕçпăшал хатĕрлес ĕçре усă курма тăрăшнă. Çав вăхăтрах этемлĕх атом энергийĕне мирлĕ ĕçсене пурнăçлама кăна усă курассипе интересленет, атом энергийĕне халăхсен чысĕпе совеçне хирĕçле тĕллевсене пурнăçланă çĕрте, çынсене йышлăн пĕтерсе тăвас тата хуласене тискеррĕн аркатас тĕллевсене пурнăçланă çĕрте усă курма чарассипе интересленет.

Вăтăр çула яхăн каялла 49 государствăн Правительствисем, химилле тата бактерилле хĕçпăшалпа усă курса çынсене йышлăн пĕтерсе тăкнине преступлени туни пулать тесе шутласа, çав хĕçпăшалсемпе усă курма чарасси çинчен килĕшӳ тунă та Женевăри 1925 çулхи Протокол çине алă пуснă. Правительствăсем пĕр-пĕрин хушшинче тунă çак килĕшӳ çине хăй вăхăтĕнче Совет Союзĕ те алă пуснă, çак килĕшӳ усăллă результатсем пачĕ.

Пурте пĕлеççĕ, тĕнчери пĕрремĕш вăрçă вăхăтĕнче халăха йышлăн пĕтермелли çавăн пек хĕçпăшалпа, пăчлантарса вĕлерекен тата наркăмăшлă газсемпе, çавăн пекех ытти йышши химилле хĕçпăшалпа анлă усă курнă, унпа усă курнине халăхсем татăклăн сивленĕ. Çавăн чухнех ĕнтĕ сиен кӳрекен бактерилле хĕçпăшалпа усă курас хăрушлăх тухса тăнă, унăн тĕллевĕ—хуласенчи мирлĕ халăха йывăр чир-чĕрсем ертесси пулнă, çакăнпа ĕнтĕ çынсем нумайăшĕ вилĕшне пултарайман. Çакă вара тĕнчери çĕршывсем хушшинче сăнте асăннă Женевăри Протокол пек килĕшӳ тума хушнă. Çак Протоколпа химилле тата бактерилле хĕçпăшала сивленĕ тата унпа вăрçăра усă курма чарнă.

Çак 49 государство алă пуснă Протокол пулман пулсан, ăна пур государствăсем те йышăнса çирĕплетмен пулин те, тĕнчери иккĕмĕш вăрçăра [illegible] та химилле тата бактерилле хĕçпăшалпа усă курма чарса тăракан нимĕнле фактор та пулман пулĕччĕ. Тĕнчери иккĕмĕш вăрçăра пĕр правительство та химилле тата бактерилле хĕçпăшалпа усă курма хăяйманнинчен çакă курăнать: государствăсем химилле тата бактерилле хĕçпăшала хирĕç тунă асăннă килĕшӳ усăллă пулнă. Бунпа пĕрлех, паллах, çакна та—Гитлера хирĕç пĕрле кĕрешнĕ государствăсем, тĕнчери çĕршывсем хушшинче тунă çак килĕшӳ çине таянса, тăшман вăрçăра химилле хĕçпăшалпа усă курма хăтланас мĕн-пулсан, ăна пĕтермеллех çапса аркататпăр тесе çирĕппĕн каланине те хак памасăр тăма çук.

Атомлă тата водородлă хĕçпăшал пирки те çавнах каламалла. Паллă ĕнтĕ, Пĕрлешнĕ Нацисем çак хĕçпăшала ахаль йышши хĕçпăшал тесе шутламаççĕ, ăна уйрăм йышши хĕçпăшал—халăха йышлăн пĕтермелли хĕçпăшал тесе шутлаççĕ.

Президент Эйзенхауэр тĕнчери юлашки вăрçăра çар ĕçĕн паллă руководителĕсенчен пĕри пулнине пурте пĕлеççĕ. Вăл атомлă хĕçпăшалăн аркатакан хăвачĕ пысăк пулнине палăртнине ăнланса илме пулать. Вăхăт иртсе пынă май çак ыйтăвăн пĕлтерĕшĕ тата ытларах вăйланассине те шута илес пулать.

Атомлă тата водородлă хĕçпăшал тытакан государствăсем атомлă тата водородлă хĕçпăшалпа, çавăн пекех халăха йышлăн пĕтермелли ытти хĕçпăшалсемпе усă курма чарас ыйтăва тивĕçлипе хак памаççĕ пулсан е ку ыйтупа тĕнчери çĕршывсем хушшинче килĕшӳ тăвассине пурнăçлас ĕçе паллă мар вăхăта хăварса пыраççĕ пулсан, çакна пачах ăнланса илме çук пулĕччĕ. Çак пысăк та вăраха ямасăр татса памалли ыйту çине çавăн пек пăхнине нихăш енчен те тӳрре кăларма май килмен пулĕччĕ.

Совет Союзĕ атомлă хĕçпăшала чарса лартассишĕн, çакăнпа пĕрлех ытти мĕнпур хĕçпăшалсене те чылай чакарассишĕн çине тăрса кĕрешет. Çакă вăл Совет государствин политикинчен тухса тăрать, çав политика çĕнĕ вăрçа сирсе ярассишĕн, мире тĕреклетессишĕн, халăхсем хушшинче килĕштерсе ĕçлемелле тăвассишĕн кĕрешет.

США Президенчĕ декабрĕн 8-мĕшĕнче атомлă хĕçпăшал çинчен тухса каланă хăйĕн сăмахĕнче тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатмалли тата пĕр-пĕрне мир тĕлĕшĕнчен шанса тăмалли ыйту пысăк пĕлтерĕшлĕ пулнине палăртрĕ. Çакă вăл Совет Правительствин шухăшĕсемпе те килĕшӳллĕ. Совет Правительстви яланах тĕнчери çыхăнусенчи йывăрлăха чакарас ĕçе пулăшма тата пĕтĕм тĕнчипе мир туса хума тăрăшать.

Çак çул çинче çитĕнӳсем тăвас тесен, тĕнчери çыхăнусенчи йывăрлăха чакарма кансĕрлекен сăлтавсене сирсе ярас тĕлĕшпе икĕ енчен те тăрăшни кирлĕ. Совет Союзне илес пулсан, эпир вара çĕршывăн мирлĕ экономикипе культурине малалла çĕклентермелли пысăкран та пысăк çĕнĕ задачăсене татса пама совет çыннисен мĕнпур вăйне тата хамăрăн материаллă ресурссене пĕтĕçтерес тесе, тĕнчери экономикăлла çыхăнусене пĕртанлăх тата пĕр-пĕриншĕн усăллă никĕс çинче малалла анлăлатса пырас тесе мĕн тума пултарнине пурне те тăвапăр. Совет Союзĕ çĕршывсем хушшинче пĕр-пĕриншĕн усăллă суту-илӳ тума тăрăшакан, ытти государствăсене шута хуманнине тата пăхăнса тăракан çĕршывсене экономика енĕпе хĕсĕс политикăна татăклăн сивлекен государствăсен шутне кĕрет. Совет Союзĕн тулашри политикин интересĕсемшĕн вăл е ку государствăсене хирĕç çар блокĕсемпе союзĕсем туса хума кирлĕ мар, ытти государствăсен территорийĕсем çинче çар базисем организацилеме те кирлĕ мар. Совет Союзĕ çапла шутлать: ытти çĕршывсенче диверсилле-сăтăрла ĕçсем тăвассине е диверсант-агентсене укçа парса пулăшассине пĕтерекен политика государствăсем хушшинче йĕркеллĕ çыхăнусем тытассипе нихăш енчен те çыхăнса тăмасть. Государствăсен хушшинчи çыхăнусене лайăхлатма тăрăшни çак принципсене икĕ енчен те йышăнасси [illegible] ĕнтĕ. Çак принципсем вăсен нихăш государствăн наципе интересĕсене те хирĕç пыма пултараймаççĕ, çав вăхăтрах вĕсем мире тата тĕнчери хăрушсăрлăха тĕреклетес интересене пĕтĕмпех тивĕçтереççĕ.

Шăпах та çавăнпа ĕнтĕ Совет Союзĕ Берлинра пухăнмалли канашлăва кăна мар, тата Китай Халăх Республики хутшăннипе пулмалли пилĕк держава канашлăвне те питĕ кирлĕ ĕç тесе шутлать, мĕншĕн тесен хальхи условисенче мĕнпур аслă государствăсем ытти государствăсемпе пĕрлешсе тăрăшни кăна пĕтĕм тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатма тата тĕнчери халĕ татса памалли ыйтусем тăрăх тивĕçлĕ решенисем йышăнма май парать. Çакă вăл Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕсен Уставĕпе те килĕшсе тăрать. Çак Устав тăрăх, мире тата тĕнчери хăрушсăрлăха сыхласа тăрассишĕн пилĕк государство: США, Англи, Франци, СССР тата Китай уйрăмах ответлă пулса тăраççĕ. Çавăнпа пĕрлех çакă та пурне те паллă: хальхи вăхăтра Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕнче аслă Китай халăхĕн представителĕ шăпах та Китай Халăх Республики пулмалла.

Пĕтĕм тĕнчери мире тĕреклетес ĕçре Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн ролĕпе авторитетне хăпартма пулăшас шутпа, атомлă хĕçпăшалпа ытти мĕнпур хĕçпăшалсене васкаса хатĕрлессине чакарас ыйту тăрăх пилĕк аслă держава позицийĕсене килĕштерес тĕлĕшпе уйрăмах çине тăрса тăрăшни кирлĕ. Атомлă тата водородлă хĕçпăшалсемпе усă курас хăрушсăрлăха сирсе ярас тĕлĕшпе те, мĕнпур хĕçпăшалсене васкаса хатĕрлессине чарса лартас тĕлĕшпе те çак пилĕк держава хушшинче тунă кирек мĕнле утăма та мĕнпур Пĕрлешнĕ Нацисем, паллах пĕр шухăшлăн йышăннă пулĕччĕç. Чи малтан, çак çул çинче тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатмалли, мире тĕреклетмелли паха майсем пур.

Президент Эйзенхауэр, атомлă хĕçпăшал пĕлтерĕшĕ çинчен хăйĕн шухăшĕсене каласа парса, интересленекен государствăсем хушшинче конфиденциаллă е дипломатиллĕ тивĕçлĕ калаçусем ирттерме кирлĕ тесе каланă. Çав вăхăтрах Президент Эйзенхауэр çакăн пек сĕнӳ тăратнă: тивĕçлĕ государствăсен мирлĕ тĕллев валли усă курма халех «хăйсен уран запасĕсенчен тата арканакан материалсенчен мĕнле те пулин пайне атомлă энерги тĕлĕшпе ĕçлекен пĕтĕм тĕнчери орган аллине» пама тытăнмалла тата малалла та парса тăмалла. Çак орган Пĕрлешнĕ Нацисен Организацине пăхăнса тăмалла. Бунсăр пуçне асăннă сĕнӳре çапла кăтартса панă: атомлă энерги тĕлĕшпе ĕçлекен пĕтĕм тĕнчери орган çине «хăйĕн аллине уйăрса панă арканакан тата ытти материалсене пухас, перекетлес тата сыхласа тăрас тĕлĕшпе ответлăх хума пулнă пулĕччĕ».

Çакăн пек сĕнӳ мĕне пĕлтернине пăхса тухни кирлĕ.

Пĕрремĕшĕнчен, çак сĕнӳ акă мĕне пĕлтерет: хальхи вăхăтра пур пек тата çĕнĕрен тăвакан атомлă материалсен запасĕсене мирлĕ тĕллев валли «темĕнле» пĕчĕк пайне çеç уйăрса пама сĕнеççĕ. Кунтан акă мĕн тухса тăрать: атомлă материалсен тĕп масси халиччехи пекех атомлă тата водородлă çĕнĕ бомбăсем тума каять, çапла вара атомлă хĕçпăшала малалла та пухса пыма тата унтан та аркатуллăрах çĕнĕ хĕçпăшалсем тума пур енчен те май пулса тăрать. Çапла ĕнтĕ, çак сĕнӳ, ăна хальхи пек илес пулсан, атомлă тата водородлă хĕçпăшалсем тума пултаракан государствăсене нихăш енчен те чарса тăма пултараймасть.

Иккĕмĕшĕнчен, Президент Эйзенхауэр сĕнĕвĕ атомлă хĕçпăшалпа усă курас ĕçе хăйне те нимĕн чухлĕ те пӳлсе тăмасть. Çак сĕнĕве йышăнни атомлă хĕçпăшалпа кирек мĕнле тĕллевпе те тата кирек хăш вăхăтра та агрессор енчен усă курассине нихăш енчен те чарса лартма пултараймасть.

Çапла ĕнтĕ, çак сĕнӳ вăл атомпа тапăнас хăрушлăха нимĕн чухлĕ те чакарма пултараймасть.

Çапла вара, çакăн пек вывод тăвас пулать: США енчен тăратнă сĕнӳ, ăна хальхи пек илес пулсан, атомлă хĕçпăшал тăвас ĕç ӳссе пынине те чарса лартмасть, çав хĕçпăшалпа усă курмалли майсене те пӳлсе хумасть. Çак сĕнĕвĕн чăн-чăн пĕлтерĕшне хак панă чухне çавна шута илмесĕр тăма юрамасть.

Агресси хĕçпăшалĕ пулса тăракан атомлă хĕçпăшала чарса лартма кирлине йышăннинчен тухса тăнă пулсан, ку сĕнĕвĕн пĕлтерĕшĕ урăхла пулнă пулĕччĕ. Анчах та США Президенчĕ тухса каланă сăмахра атомлă хĕçпăшала чарса лартма кирли çинчен асăнман. Президент Эйзенхауэр атомлă хĕçпăшал уйрăмах хăрушă пулса тăнине, хальхи вăхăтри атомлă самана пĕтĕм тĕнчери халăхсемшĕн хăрушлăх пуррине палăртать пулин те, вăл тухса каланă çак сăмахра атомлă хĕçпăшала чарасси çинчен тăракан ыйтуран пăрăннă.

Ыйту тухса тăрать: тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатма кирли çинчен калаçма, çакăнпа пĕрлех, атомлă хĕçпăшала чарас ыйту çинчен шарламасăр иртсе кайма юрать-и? Ку ыйту пирки икĕ тĕрлĕ ответ пулма пултараймасть. Тĕнчери çĕршывсем хушшинчи çыхăнусенчи йывăрлăха çăмăллатма тата мире çирĕплетме тăрăшакансем пурте правительствăсем çак ыйтăва хăвăртрах майлă татса паччăр тесе требовани лартмасăр тăма пултараймаççĕ.

Пурте лайăх пĕлеççĕ ĕнтĕ, халăхсем пăшăрханасси, тĕпрен илсен, атомлă вăрçă тухма пултарассипе çыхăнса тăрать. Çав вăрçăн хăрушлăхне атомлă хĕçпăшала чарса лартмасăр сирсе яма çук. Çакна çав хăрушлăх тухсанах Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕ йышăннă, вăл атомлă хĕçпăшала чарса лартма кирлине палăртнă.

Çак задачăна татса памалли çул çинче йывăрлăхсем пуррине никам та тунма пултараймасть. Анчах та, атомлă хĕçпăшала чарса лартас тата çавăн пек чарнине пурнăçа кĕртнине пĕтĕм тĕнчере чăннипех тĕрĕслесе тăрас ыйту тăрăх тĕнчере килĕшӳ тăвас тесе. Пĕрлешнĕ Нацисен енчен тата, чи малтанах, çакă пуринчен ытларах пырса тивекен государствăсем енчен кирлĕ чухлĕ вăй хунă ĕнтĕ тесе калама çук-ха. Çавăнпа та, çак ыйтăва татса парассине малалла та тăсса пырсан е çак ыйтăва, вăл хальхи вăхăтра питĕ çивĕч тăрать пулин те, шарламасăр ирттерсе ярсан, çакăн пек йĕрке çинчен мире юратакан халăхсене ăнлантарса пама май килмен пулĕччĕ.

Акă мĕншĕн ĕнтĕ Совет Правительстви, малтанхи пекех çапла шутлать: атомлă тата водородлă хĕçпăшала, çавăн пекех çынсене йышлăн пĕтерекен ытти хĕçпăшалсене чарса лартасси, кунпа пĕр вăхăтрах çавăн пек чарнине пĕтĕм тĕнчере çирĕп тĕрĕслесе тăмалла тăвасси питех те кирлĕ тата пĕр тăхтаса тăмасăр татса памалли ыйту пулать. Çак задачăна хăвăртрах татса парасси мире юратакан мĕнпур халăхсене интереслентерет. Атомлă материалсен мĕнле те пулин пысăках мар пайне мирлĕ тĕллев валли ярсан çав вĕрмай ӳссе пыракан материалсен тĕп массине вара хытăрах та хытăрах аркатакан атомлă хĕçпăшал тунă çĕре ярас пулсан, çавăн пек тусан атомлă вăрçă хăрушлăхĕ нимĕн чухлĕ те пĕчĕкленмест. Ку вăл атомлă хĕçпăшал çинчен тăракан ыйту тĕлĕшпе халăхсен сыхлăхне вăйсăрлатма пултарать, анчах та атомлă вăрçăн чăн-чăн хăрушлăхне пĕчĕклетме пулăшма пултараймасть.

Государствăсем хушшинче тăвакан килĕшӳ атомлă материалсен мĕнле те пулин пĕчĕк пайне çеç мирлĕ тĕллев валли уйăрса памаллине палăртать пулсан, атомлă хĕçпăшал тăвас ĕçе вара малалла та нимĕнле те пӳлмесен, тĕнчери çĕршывсем хушшинче тунă çакăн пек килĕшӳ, чăннипе илсен, атомлă хĕçпăшал тăвас ĕçе тӳрремĕнех ырланине пĕлтернĕ пулĕччĕ. Атомлă хĕçпăшал тăвас ĕçе тĕнчере ырлани агрессилле вăйсемшĕн усăллă пулнă пулĕччĕ. Кун пек йĕрке атомлă хĕçпăшала чарасси çинчен килĕшӳ тăвас ĕçе çăмăллатмасть кăна мар, пачах урăхла, вăл асăннă килĕшĕве тăвас çул çине çĕнĕ чăрмав пулса тăнă пулĕччĕ.

Эпир мире çирĕплетме тăрăшатпăр пулсан, атомлă вăрçă тĕлĕшĕпе сыхлăха вăйсăрлатасси те, атомлă хĕçпăшал тума кăларнине тĕнчере ырласси те пирĕн задача пулма пултараймасть. Шăпах та çавăнпа çакна йышăнни кирлĕ: мире юратакан мĕнпур государствăсен задачи атомлă материалсен мĕнле те пулин пĕчĕк пайне мирлĕ тĕллев валли уйăрнипе пĕтмест. Мĕнле те пулин пайне мар, атомлă материалсен пĕтĕм массине пĕтĕмĕшпех мирлĕ тĕллев валли яни кирлĕ. Çакă вăл промышленноçа, ялхуçалăхĕпе транспорта вăйлатма, атом тĕлĕшпе тунă питех те хаклă открытисемпе медицинăра усă курма, унпа усă куракан нумай отрасльсенче техникăна лайăхлатма, наукăра малашне тата пысăкрах прогресс тума халиччен пулман майсем туса панă пулĕччĕ.

Çакна та шута илес пулать: атомлă тата водородлă хĕçпăшала чарса лартни, мĕнпур атомлă материалсемпе халăхсен мирлĕ нушисем валли усă курни, çавна тунă чухне экономика тĕлĕшĕнчен вăйсăртарах районсен нушисемшĕн тивĕçлипе тăрăшсан, çакăнпа пĕрлех ахаль йышши хĕçпăшалсене татăклăн чакарас ыйтупа килĕшӳ тăвас ĕçе те çăмăллатнă пулĕччĕ. Ку вăл, хăй черечĕпе, налог йывăрлăхне нумай çăмăллатнă пулĕччĕ. Нумай государствăсенче çар, çар авиацийĕ, тинĕс-çар флочĕ пысăк пулнă пирки, урăхла каласан, хальхи вăхăтра çаплипех васкаса хĕçпăшалланнă пирки халăхсем налог тĕлĕшĕнчен питĕ пысăк йывăрлăх тӳсеççĕ.

Çавсем пурте атомлă хĕçпăшала чарса лартма, кунпа пĕрлех çавăн пек чарнине пĕтĕм тĕнчере тĕрĕслесе тăма тата çав хĕçпăшалпа усă курас марри çинчен çирĕп сăмах пама кирлине йышăнма хушаççĕ. Çавăнпа та Совет Правительстви ку ыйтупа пĕтĕм тĕнчере пĕр тăхтаса тăмасăр тивĕçлĕ килĕшӳ тăвассишĕн малашне те çине тăрĕ.

Президент Эйзенхауэр хăй панă сĕнӳ пирки конфиденциаллă е дипломатиллĕ калаçусем ирттересси çинчен каланине илес пулсан, Совет Правительстви, хăй яланах мирлĕ политика тытса пырса, çавăн пек калаçусене хутшăнма хатĕр пулни çинчен пĕлтерет.

Пĕтĕм тĕнчери мире тĕреклетес шутпа тавлашуллă ыйтусем тăрăх пĕр-пĕрине юрăхлă килĕшӳсем тăвас тесе государствăсем тӳрех калаçусем ирттерессине Совет Правительстви яланах пысăк вырăна хунă.

Совет Правительстви кунпа пĕрлех США Правительстви, хăй пĕлтернинче каланă пек, кирлĕ ăнлантарусем парĕ, тесе кĕтсе тăрать, мĕншĕн тесен США панă сĕнĕвĕн кирлĕ пайĕсенчех усăмлă мар положенисем пур тата çав сĕнӳсенче атомлă хĕçпăшала чарса лартассине, çавăн пекех тата ку хĕçпăшалпа усă курассине пăрахăçламаллине те палăртса хуман.

Совет Союзĕ çакна хытă ĕненсе тăрать: этемлĕхе атомлă вăрçă хăрушлăхĕсенчен çăлса хăвармалла тата ăна çăлса хăварма пулать. Çав задачăна пурнăçлас енĕпе атомлă хĕçпăшал хăватне хăйсен аллинче тытакан государствăсен ответлăхĕ уйрăмах пысăк.

Совет Союзне илес пулсан, унăн позицийĕ уççăнах паллă. Унăн позицийĕ çакăн пек: этемлĕх ăс-тăнĕ тунă çак аслă открытипе цивилизацие хирĕçле ĕç тумалла мар, ăна пур енĕпе те малалла аталантарса пымалла, çак аслă открытипе çынсене массăллăн вĕлерсе пĕтермелле мар, унпа мирлĕ ĕçсем тумалла, халăх ырлăхне пур енĕпе те ӳстерсе пымалла.

Совет Правительстви кун пек калаçусем пынă вăхăтрах Совет Союзĕн çак сĕнĕвне те пăхса тухĕç, тесе шанса тăрать:

Килĕшӳ тума хутшăннă государствăсем, тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатма тăрăшмаллине шута тытса, атомлă, водородлă хĕçпăшалпа, çынсене йышлăн пĕтермелли ытти хĕçпăшалпа та усă курмастпăр тесе чаплă та татăклă обязательство илеççĕ.

Çав ыйтупа тĕнчери килĕшӳ туни атомлă, водородлă хĕçпăшала, çынсене йышлăн пĕтермелли ытти хĕçпăшалсене те государствăсен хĕçпăшаллă шутĕнчен татăклăнах кăларса пăрахас, пĕтĕм тĕнчере çирĕп контроль туса, атом энергийĕпе вăрçăра усă курма чарасси çинчен тунă килĕшĕве пурнăçлас çулпа пырас пысăк утăм туни пулĕччĕ.

Совет Союзĕ, вăл курекен атомлă тата водородлă хĕçпăшалтан этемлĕхе хӳтĕлес тесе хытă тăрăшса, çав хĕçпăшала çынсене хирĕç нихăçан та ан пултăр тесе пĕтĕм вăй-хăватпа тăрăшĕ.

## Совет çыннисен çирĕп пĕрлĕхĕ

МИНСК, декабрĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Белоруссири ĕçсыннисем СССР Прокуратури халăх тăшманĕн Берийăн тата унăн ушкăнĕнче пулнă тăшмансен ĕçне следстви туса пĕтерни çинчен пĕлтернипе паллашнă. Предприятисенче, колхозсенче, МТС-сенче, совхозсенче, шкулсенче тата учрежденисенче пухусем пулса иртнĕ.

Минск хулинчи автомобиль заводĕнче, трактор заводĕнче, «Коммунарка» фабрикăра, пустав комбинатĕнче ĕçлекен рабочисем тата инженерсемпе техниксем халăхăн усал тăшманĕсене чунтан тарăхса каланă.

СССР Прокуратури пĕлтернине илсенех Гомельти, Витебскри, Гродноri, Бобруйскри тата ытти хуласенчи предприятисенче те пухусем пулса иртнĕ. Пухусенче йышăннă резолюцисенче Белорус ССР-ĕнчи ĕçсыннисем КПСС Центральнăй Комитечĕпе Совет правительствине çапла шантарса калаççĕ: эпир партин XIX-мĕш съезчĕ, СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ тата КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă решенисене пурнăçлассишĕн вăя шеллемесĕр ĕçлĕпĕр. Ĕçсыннисем совет сучĕнчен халăх тăшманĕн Берийăн тата унпа пĕрле пулнисен ĕçне пăхса тухса çирĕп приговор йышăнма ыйтаççĕ.

## Халăх ыйхаnать

Декабрĕн 20-мĕшĕнче Шупашкарти чăлха фабрикинчи рабочисемпе работницăсем, инженерсемпе техниксем тата служащисен митингĕ пулнă.

Митингра партбюро секретарĕ Рябков юлташ СССР Прокуратури пĕлтернине вуласа панă.

Ун хыççăн мастер Каменецкий юлташ сăмах илнĕ.

— Пирĕн пĕтĕм совет халăхĕ,— тенĕ вăл,— империализм агентне Берийăна тата унăн ирсĕр ушкăнне тарăхса шилет. Эпĕ пĕтĕм коллектив ячĕпе Совет сучĕнчен ирсĕрсен ушкăнне çирĕп наказани пама ыйтатăп.

Митингра çавăн пекех ВЛКСМ комитечĕн секретарĕн заместителĕ Александров, кадрсен пайĕнче ĕçлекен Боловина, фабрика директорĕ Петрунин тата ытти юлташсем те тухса каланă. Вĕсем пурте Берийăпа унăн ушкăнĕн преступниклă ĕçĕсене вăхăтра тăрă шыв çине кăларнăшăн КПСС Центральнăй Комитетне тата правительствăна тав тунă.

Фабрика коллективĕн митингĕнче пĕр кăмăллă пулса йышăннă резолюцире çапла каланă:

«Совет халăхĕн усал тăшманĕсен Берийăн, Меркуловăн, Деканозовăн, Кобуловăн, Гоглидзен, Мешикăн, Влодзимирскин ĕçне следстви туса пĕтерни çинчен СССР Прокуратури пĕлтернине эпир тулли кăмăлпа кĕтсе илтĕмĕр.

Ĕçсыннисен ирсĕр тăшманĕсем совет халăхне, партипе правительствăна хирĕç нумай çул хушши преступниклă ĕçсем туса пынă, вĕсем совет стройне пĕтерсе хума, пирĕн çĕршывра тепĕр хут капитализм йĕрки тума, халăха буржуази пусмăрне кĕртсе ӳкерме ĕмĕтленнĕ.

Анчах та ирсĕр тăшмансен шăчи тухмарĕ. Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе совет халăхĕ коммунизм çĕнтерĕвĕ патне пăнăçлăн пырать. Эпир революциллĕ сисĕмлĕхе татах та ытларах ӳстерĕпĕр».

Фабрика коллективĕ Тăван çĕршыв чысĕпе мухтавне çӳле çĕклессишĕн татах та ытларах тăрăшма, коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра тачăрах пĕтĕçме пулнă, Берийăпа унăн ушкăнне хытă наказани пама ыйтнă.

## Хытă наказани пама ыйтаççĕ

КРАСНОАРМЕЙСКИ, декабрĕн 21-мĕшĕ. (Телефонпа, хамăр корр.). Районти колхозсемпе предприятисенче ĕçсыннисен митингĕсем пулса иртеççĕ. МТС-ри митингра механизаторсем, ялхуçалăх специалисчĕсем нумай пулчĕç. Унта МТС-ăн главнăй агрономĕ СССР Прокуратури пĕлтерни çинчен каласа пачĕ.

Унтан мастерской заведующийĕ, парти членĕ Горькири автозаводран килнĕ В. Мизинов инженер, сăмах илчĕ.

— Берияпа унăн ирсĕр ушкăнĕ Тăван çĕршыва, халăха хирĕç сăтăрла ĕç тунă. Вĕсем пирĕн халăхран телейлĕ пурнăçа туртса илесшĕн пулнă. Ирсĕр тăшмансем ют çĕршывсенчи капиталистсене халăх интересĕсене сутнă. Вĕсем пирĕн çĕршывра каллех капитализм йĕрки туса ĕçсыннисене пусмăра кĕртсе ӳкерме ĕмĕтленнĕ. Анчах усал тăшмансен ĕмĕчĕ пурнăçланаймарĕ. Вĕсене вăхăтра тытса тăрă шыв çине кăларнă. [illegible]

Митингра тухса каланă ытти [illegible] хытă наказани пама ыйтрĕç. МТС коллективĕ [illegible]

# „Халӑхсем хушшинчи мире ҫирӗплетнӗшӗн“ памалли тӗнчери Сталинла премисем тӗлӗшпе ӗҫлекен комитетра

Декабрӗн 9-мӗшӗпе 12-мӗшӗ хушшинче Мускаври, Д. В. Скобельцын академик председатель пулса ертсе пынипе, «Халӑхсем хушшинчи мире ҫирӗплетнӗшӗн» памалли тӗнчери Сталинла премисем тӗлӗшпе ӗҫлекен комитетӑн ларӑвӗсем пулнӑ.

Комитет тӗнчери Сталинла премисене кӑҫалхи ҫулшӑн парас тӗлӗшпе киле сӗнӳсене пӑхса тухнӑ, ку ыйтупа решени йышӑннӑ.

Комитет «Халӑхсем хушшинчи мире ҫирӗплетнӗшӗн» памалли тӗнчери Сталинла премисене 1953 ҫулшӑн кама парасси ҫинчен йышӑннӑ постановление алӑрах пичетлетпӗр.

## „Халӑхсем хушшинчи мире ҫирӗплетнӗшӗн“ памалли тӗнчери Сталинла премисене 1953 ҫулшӑн парасси ҫинчен

### „Халӑхсем хушшинчи мире ҫирӗплетнӗшӗн“ памалли тӗнчери Сталинла премисем тӗлӗшпе ӗҫлекен комитет 1953 ҫулхи декабрӗн 12-мӗшӗнче йышӑннӑ постановлени

Мире сыхласа хӑварассишӗн тата ҫирӗплетессишӗн кӗрешес ӗҫре тава тивӗҫлӗ пысӑк ӗҫсем тунӑшӑн «Халӑхсем хушшинче мире ҫирӗплетнӗшӗн» памалли тӗнчери сталинла премисене ҫак ҫынсене парас:

Пьер Кота—Наци пухӑвӗн депутатне (Франци)

Сахиб Синг Сокхея—профессора, генерал-майора, Инди парламенчӗн Штатсен совечӗн членне

Андреа Гаджерона — священнике (Итали)

Изабелла Блюма—парламент депутатне (Бельги)

Говард Фаста—писателе (США)

Джон Бернала—Лондонри университет профессорне (Англи)

Леон Кручковскине — писателе (Польша)

Пабло Нерудӑна—писателе (Чили)

Андреа Андреена—медицина докторне, Стокгольм хулинчи клиника лабораторийӗн главнӑй врачне (Швеци)

Нина Васильевна Поповӑна—Пӗтӗм Союзри профсоюзсен Центральнӑй Совечӗн секретарьне (СССР).

Комитет председателӗ Д. В. СКОБЕЛЬЦЫН.

Комитет председателӗн заместителӗсем:
ГО МО ЖО (Китай),
ЛУИ АРАГОН (Франци),

Комитет членӗсем:
М. АНДЕРСЕН-НЕКСЕ (Дани),
ЯН-ДЕМБОВСКИЙ (Польша),
МИХАИЛ САДОВЯНУ (Румыни),
А. А. ФАДЕЕВ (СССР),
И. Г. ЭРЕНБУРГ (СССР).

1953 ҫулхи декабрӗн 12-мӗшӗ.
*Мускав хули.*

## Ученӑй-экономистсен канашлӑвӗ

Декабрӗн 19-мӗшӗнче Мускавра СССР Наукӑсен Академийӗнчи тата унӑн филиалӗсенчи, ҫавӑн пекех Украина, Белорусси, Литва, Латви, Эстони, Узбекистан, Казахстан тата ытти республикӑсенчи Наука Академийӗсенчи ученӑй-экономистсен канашлӑвӗ уҫӑлнӑ. Канашлу экономикӑлла наукӑн КПСС Центральнӑй Комитечӗн сентябрьти Пленумӗн решенийӗсенчен тухса тӑракан задачисене сӳтсе явать.

Канашлура институтсен, ҫавӑн пекех вӗсен экономика пайӗсемпе секторӗсен тематикӑлла планӗсене пӑхса тухаҫҫӗ.

Ҫавӑн пекех канашлура экономистсен коллективӗсем ҫырса хатӗрленӗ ҫӗнӗ ӗҫсене пӑхса тухаҫҫӗ. Ку ӗҫсем шутӗнче ҫаксем пур: «История русской экономической мысли», «Основные проблемы размещения машиностроительной промышленности СССР», «Развитие и размещение пищевой промышленности СССР» тата ыттисем те.

Малтанхи кун канашлу участникӗсем СССР Наука Академийӗн вице-президенчӗ К. В. Островитянов академик «Социализм вӑхӑтӗнчи производство тата потреблени» темӑпа тунӑ доклада итленӗ.

Канашлу виҫӗ кун хушши ӗҫлет.

(ТАСС).

## МТС-сенчи парторганизаци секретарӗсен семинарӗ

Ҫак кунсенче Шупашкарта республикӑри МТС-сенчи парторганизаци секретарӗсен семинарӗ пулса иртрӗ. Семинар 4 кун хушши пычӗ.

Парторганизаци секретарӗсем чылай лекцисемпе докладсем итлерӗҫ, практикӑлла ыйтусене сӳтсе яврӗҫ. Истори наукисен кандидачӗ Чавка юлташ тӗнчери лару-тӑру ҫинчен лекци вуласа пачӗ. Ялхуҫалӑх институчӗн профессорӗ Пельцих юлташ ҫӗрулмине тӑваткал тӗмӗн лартасси ҫинчен, Чӑваш АССР Ялхуҫалӑх министрӗн заместителӗсем Осанова Шорников юлташсем «МТС-сен ялхуҫалӑх культурисен тухӑҫлӑхне ӳстерес тата обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫри ролӗ ҫинчен» тата «МТС-ри ялхуҫалӑх специалисчӗсен ӗҫне мӗнле организацилемелли ҫинчен» тӗплӗн каласа пачӗҫ.

Кунсӑр пуҫне парторганизаци секретарӗсем ҫак темӑсем тӑрӑх лекцисемпе докладсем итлерӗҫ: «Пахча ҫимӗҫ калчисене ҫӗрӗк тӑпри чӳлмекӗсемпе тата апат памалли кубиксемпе усӑ курса ӳстересси», «Хозрасчет тата тракторпа тӑвакан ӗҫсен хӑйне ларакан хакне йӳнетесси», «МТС-сенче ӗҫе йӗркелесси тата ӗҫшӗн тӳлесси», «Тракторсемпе ялхуҫалӑх машинисене юсасси ҫинчен», «МТС-семпе колхозсем хушшинчи килӗшӳсем тата парторганизацин колхозсемпе МТС тунӑ договора пурнӑҫлас ӗҫри ролӗ», «МТС-ӑн выльӑх-чӗрлӗхе йӗркеллӗ хӗл каҫарас ӗҫри ролӗ», «Машина-трактор паркӗн ӗҫне лайӑхлатас тӗлӗшпе парторганизаци умӗнче тӑракан задачасем ҫинчен».

Семинарта пулнисем ҫӗрӗк тӑпри чӳлмекӗсем тумалли станокпа, ҫӗрулми лартмалли машинӑпа паллашрӗҫ.

Семинарта юлашкинчен КПСС обкомӗн секретарӗ Шмаков юлташ тухса каларӗ.

# Совет халӑхӗн пысӑк праҫникӗ умӗн

*„Правда Украины“ хаҫат тӑрӑх*

Украина Российӑпа пӗрлешнӗренпе 1954 ҫулхи январӗн 8-мӗшӗнче 300 ҫул тултарать. КПСС Центральнӑй Комитечӗ, ССР Союзӗн Министрӗсен Совечӗ тата СССР Верховнӑй Совечӗн Президиумӗ историри ҫак питӗ пысӑк событие украина халӑхӗпе вырӑс халӑхӗн тата Совет Союзӗнчи мӗнпур халӑхсен нацилле пысӑк праҫникӗ тесе шутласа, анлӑн паллӑ тума йышӑнчӗҫ. Халӗ ку праҫнике Совет Союзӗн пур кӗтесӗсенче те уявлама хатӗрленеҫҫӗ.

Виҫ ӗмӗр ӗлӗкрех Украина умне вӑл ют ҫӗршыв колонийӗ пулса юлас хӑрушлӑх тухса тӑнӑ. Ун ҫине ҫӗршер ҫул хушши тем тӗрлӗ тӑшмансем тапӑнса пӑхнӑ. Ӑна туроксен-тутарсен ханӗсен ордисем час-часах тапӑнса тата Польша шляхти пусмӑрласа тискеррӗн ҫаратнӑ, тустарса юхӑнтарнӑ.

1648—1654 ҫулсенче ирӗклӗхшӗн пынӑ вӑрҫӑра украина халӑхӗ Богдан Хмельницкий ертсе пынипе Польша шляхтин пусмӑрӗнчен хӑтӑлассишӗн, Украинӑна Российӑпа пӗрлештерессишӗн паттӑррӑн кӗрешнӗ. 1654 ҫулта вара январӗн 8-мӗшӗнче Переяславльти Рада йышӑннӑ тӑрӑх Украина тӑван вырӑс халӑхӗпе пӗрлешнӗ. Вырӑс халӑхӗ ҫеҫ ӑна шанчӑклӑ хӳтӗлеме, украина нацине сыхласа хӑварма пултарнӑ.

Славянла икӗ аслӑ халӑх пӗрлешни прогрессивлӑ питӗ пысӑк пӗлтерӗшлӗ ӗҫ пулнӑ. Икӗ халӑх пӗр государствӑна пӗрлешни ҫав халӑхсене пӗр-пӗрипе сывлӑхне, тулашри тӑшмансене хирӗҫ кӗрешме пысӑк вӑй панӑ, политика, экономика тата культура тӗлӗшпе малалла аталанма ҫӗнӗ хӑват панӑ.

Вырӑссемпе украинецсен тусла пурнӑҫӗн историйӗнче чаплӑ страницӑсем питех те нумай. Вырӑссемпе украинецсем 1709 ҫулта Полтава ҫапӑҫӑвӗнче пирӗн ҫӗршыва килсе кӗнӗ швецсен ҫарӗсене аркатнӑ. Вырӑссемпе пӗрле украинецсем Наполеон ҫарӗсене хирӗҫ те паттӑрла ҫапӑҫнӑ. Вырӑс халӑхӗпе пӗрле кӗрешсе, украина халӑхӗ вӑйланнӑ, вырӑс халӑхӗпе туслӑ пурӑнасси ҫирӗпленнӗ, тӑванла вырӑс халӑхӗпе экономикӑпа культура енӗпе ҫыхӑнасси аталансах пынӑ.

Вырӑссемпе украинецсем хушшинчи туслӑх виҫкан аркатайми ҫирӗпленесси Российӑри ӗҫҫыннисем революцишӗн тата патша влаҫне хирӗҫ, помещиксемпе капиталистсен влаҫне сирпӗтессишӗн кӗрешнӗ ҫулсенче уйрӑмах вӑйланнӑ.

Вырӑс пролетариачӗн малта пыракан отрячӗ — Коммунистсен партийӗ ертсе пынипе вырӑссемпе украинецсем, Совет ҫӗршывӗнчи мӗнпур халӑхсемпе пӗрлӗхлӗ пулса, капиталистла вунтӑватӑ ҫӗршывран килнӗ интервентсене аркатса тӑкрӗҫ. Совет ҫӗршывне шурггвардеецла генералсен ҫарӗсенчен тасатрӗҫ, социализмла ҫулпа пыма чӑрмантаракансене — аслӑ державӑлла шовинистсемпе Украинӑри буржуалла националистсене, троцкистсемпе бухаринецсене тата ытти тӑшмансене шӑлса тӑкрӗҫ.

Ӗлӗкхи Россия империйӗнчи халӑхсем Советлӑ Социализмлӑ Республикисен Союзне пӗрлешсе, экономика тӗлӗшӗнчен ҫӗршыв кая юлнине историлле кӗске срокра пӗтерчӗҫ. Совет Союзӗ малта пыракан индустриллӗ, механизациленӗ шултра ялхуҫалӑхлӗ ҫӗршыв пулса тӑчӗ. Совет влаҫӗ вӑхӑтӗнче украинецсен тата Совет Союзӗнчи кашни халӑхӑн формипе нацилле, содержанийӗпе социализмла культури вӑйлӑн аталанчӗ.

Совет ҫӗршывӗ ҫине гитлерла захватчиксем ирсӗрле тапӑнсан, пуринчен малтан Украина халӑхӗн йывӑрлӑх тӳсмелле пулчӗ. Анчах украинецсем пӗччен юлмарӗҫ. Коммунистсен партийӗ туптаса ҫирӗплетнӗ Совет Союзӗнчи халӑхсен туслӑхӗ ҫав кунсенче тепӗр хут яр-уҫҫӑн палӑрчӗ—вырӑс халӑхӗпе пӗрле Совет ҫӗршывӗнчи мӗнпур халӑхсем Тӑван ҫӗршыва хӳтӗлеме пӗр харӑс тӑчӗҫ. Гитлеровецсене аркатса хамӑр ҫӗршывран хӑваласа яни халӑхсен туслӑх историйӗнче ниҫта манми чаплӑ страница пулса тӑрать.

Гитлерла захватчиксем Украина хулисене алӑсем тӑрӑх пынӑ чухне тӗкӗнмесӗр хӑмӗн те хӑвармарӗҫ: Днепрогэса сиптерсе аркатрӗҫ, Киев хули центрӗнчен чул купи ҫеҫ тӑратса хӑварчӗҫ, ҫӗршер завод ҫунса пӗтрӗ, Донбасри шахтӑсене шыв тулса ларчӗ, чылай ялсенчен кӗл ҫеҫ пулса юлчӗ.

Ҫапла пулнӑ Украинӑра ҫичӗ-саккӑр ҫул каярах. Паян мӗнле?

Украинӑра тухакан хаҫатсем, Украина Российӑпа пӗрлешнӗренпе 300 ҫул тултарнӑ куна уявлама хатӗрленнӗ май, паянхи ӗҫсене анлӑн ҫутатса кӑтартаҫҫӗ.

«Правда Украины» хаҫат Днепропетровскри Петровский ячӗпе тӑракан металлурги завочӗн паянхи ӗҫӗсем ҫинчен пичетлет. Мартеновски цехри сталевар С. Михлик юлташ ҫапла ҫырать:

— Эпир халӗ ҫулталӑк планӗ пучӗпе юлашки хурҫӑ шӑрататпӑр. Уйӑх пӗтнӗ тӗле цех коллективӗ ҫулталӑк программинчен ирттерсе нумай металл парать. Нумаях пулмасть мана ҫӗршывра чи лайӑх сталевар ятне пачӗҫ. Виҫҫӗмӗш кварталта планран ирттерсе эпӗ 910 тонна хурҫӑ шӑратса патӑм, шихтӑпа топливӑна перекетлӗ расходланипе 162 пин тенкӗ перекетлерӗм. 1954 ҫул шучӗпе паян куна эпӗ 300 тонна хурҫӑ шӑратнӑ. Ҫулталӑк вӗҫлениччен заданирен ирттерсе тата темиҫе ҫӗр тонна металл шӑратса паратӑп.

Хура тинӗс пароходствин морякӗсем социализмла ҫӗнӗ обязательствӑсем илнӗ.

Украинӑри шахтерсем, заводсемпе фабрикӑсенче ӗҫлекен рабочисем, инженерсемпе техниксем ҫак кунсенче пурте социализмла ҫӗнӗ обязательствӑсем илеҫҫӗ. «Горская» 1-мӗшпе 2-мӗш шахтӑсем ҫулталӑкри плана тултарса, нацилле аслӑ праҫник кунӗ тӗлне планран ирттерсе ҫӗршыва 70 пин тонна ҫӗр кӑмрӑкӗ кӑларса пама пулнӑ.

Украинӑри ялсенче ялхуҫалӑх ӗҫченӗсен пухӑвӗсем пулса иртеҫҫӗ. Декабрӗн 13-мӗшӗнче тухнӑ номерте «Правда Украины» Измаил облаҫӗнчи Килийски районӗнчи Приморское ял ҫыннисен шухӑш-кӑмӑлӗсене кӑтартса парать. Ял ҫыннисен пухӑвӗнче Андреев ячӗпе тӑракан колхоз бригадирӗ Фока Иванович Кузьмин юлташ ҫапла каланӑ:

— Мӗн ӗмӗртенпех украина халӑхӗ хӑйӗн аслӑ пиччӗшӗпе — вырӑс халӑхӗпе тачӑ ҫыхӑнса тӑнӑ. Украинӑна ют ҫӗршывран килсе тапӑнса пусмӑрлас хӑрушлӑх тухса тӑрсан кашниччех ӑна вырӑс халӑхӗ пулӑшнӑ.

Коммунистсен партийӗ ертсе пынипе, вырӑс халӑхӗпе пӗрле Совет Союзӗнчи мӗнпур халӑхсем пирӗн облаҫри хуласемпе ялсене телейлӗ пурнӑҫ пачӗҫ.

Ҫаксемшӗн манӑн сана, хамӑрӑн аслӑ пиччене — вырӑс халӑхне пысӑк спасибо калас килет.

Манӑн бригада Украина Российӑпа пӗрлешнӗренпе 300 ҫул тултарнӑ ятпа вахтӑна тӑрса, ҫитес ҫуракине питӗ лайӑх хатӗрленсе ҫитме обязательство илет. 1954 ҫулта гектартан 25-шер центнер тӗштырӑ туса илетпӗр.

Совет халӑхӗн нацилле аслӑ праҫникне—Украина Российӑпа пӗрлешнӗренпе виҫӗ ӗмӗр тултарнӑ куна украина халӑхӗ аслӑ вырӑс халӑхӗпе тата Совет Союзӗнчи мӗнпур халӑхсемпе туслӑ пурӑнассине малашне тата ытларах ҫирӗплетес шухӑш-кӑмӑлпа кӗтсе илет.

Пирӗн вӑй—халӑхсен туслӑхӗ ҫирӗп пулнинче.

# СССР Ют ҫӗршыв Ӗҫӗсен Министерствинче

Декабрӗн 9-мӗшӗнче США-н ССР Союзӗнчи Посолӗ Ч. Болен господин СССР Ют ҫӗршыв Ӗҫӗсен министрӗ В. М. Молотов патне ҫакӑн пек ҫыру ярса панӑ:

«Хисеплӗ Молотов господин,

Эпӗ шанса тӑнӑ пулин те, ӗнерех Сирӗн пата ярса пама Президент Эйзенхауэр Генеральнӑй Ассамблея ларӑвӗнче тухса каланӑ сӑмахӑн текстне вӑхӑтра илейменшӗн пӑшӑрханатӑп.

Ҫавӑнпа пӗрле Президент Эйзенхауэр тухса каланӑ сӑмахӑн текстӗн сыпӑкӗсене, ӗнер каҫхине хам Вашингтонран илнӗскерсене, ярса паратӑп, вӗсенче эпӗ Сирӗнпе декабрӗн 7-мӗшӗнче тухса пынӑ ыйтӑва пирки каласа панӑ.

Сире хисеплекен

ЧАРЛЬЗ Ю. БОЛЕН,
Америка посолӗ».

## Президент Эйзенхауэр Пӗрлешнӗ Нацисен организацийӗн Генеральнӑй Ассамблейин ларӑвӗнче ытларикун, 1953 ҫулхи декабрӗн 8-мӗшӗнче каланӑ сӑмахӑн сыпӑкӗсем

«Нумаях та пулмасть эпир Совет Союзӗнчен, тӗп шухӑшне ӑнса пӑхсан, тӑватӑ державӑн канашлӑвне ирттерме хатӗр пулни ҫинчен пӗлтернине илтӗмӗр. Советсем халиччен кӑларса тӑратнӑ малтанхи условисене йышӑнма сукчӗ, ку нотӑра ҫавӑн пек условисем пулманнине курсан, эпир хамӑрӑн союзниксемпе — Великобританипе тата Франципе пӗрле — савӑнтӑмӑр.

Бермудри канашлу ҫинчен пӗрле пӗлтерниччен Эсир Пӗрлешӳллӗ Штатсем, Великобритани тата Франци Совет Союзӗпе тӗл пулма хӑвӑрт калаҫса татӑлни ҫинчен пӗлетӗр.

Пӗрлешӳллӗ Штатсен Правительстви ҫак канашлӑва шанса тата тӳрӗ кӑмӑлпа пырать. Пуриншӗн те кирлӗ пӗр тӗллеве пурнӑҫлама — канашлу мир ӗҫӗшӗн — тӗнчери ҫӗршывсем хушшинчи хутшӑнусенчи йывӑрлӑха чакармалли пӗртен-пӗр ҫул пулса тӑракан мир ӗҫӗшӗн палӑрмаллах усӑллӑ результатсем патӑр тесе эпир хамӑр ӑс-тӑнӑн пӗтӗм вӑйне парӑпӑр...

ООН Генеральнӑй Ассамблейин сӗнӗвне шута илсе, Пӗрлешӳллӗ Штатсем ытти ҫӗршывсен, ку ӗҫ хӑш ҫӗршыва «никампран ытларах тивет», ҫав ҫӗршывсен представителӗсемпе тӗл пулма хатӗр, тӗлпулура атомлӑ хӗҫпӑшал васкасах нумай хатӗрленипе сыхӑннӑ ыйтусем тӑрӑх йышӑнма юрахлӑ решенисем тупма тӑрӑшмалла, атомлӑ хӗҫпӑшал васкасах нумай хатӗрлени мир ӗҫӗшӗн кӑна мар, пӗтӗм тӗнче пурнӑҫӗшӗн те шанчӑксӑрлӑх туса хурать.

Ҫав вӑрттӑн е дипломатиллӗ калаҫусенче эпир ҫӗнӗ шухӑшсем парӑпӑр...

Ку ӗҫ пуринчен ытларах кама пырса тивет, ҫав правительствӑсен, ырӑ шухӑшлӑ ӑс-тӑн каласа панӑ таран, халех хӑйсен нормальнӑй уран запасӗсенчен тата пайланса аркатакан ытти материалсенчен хӑш пайне те пулин атом энергийӗ тӗлӗшпе ӗҫлекен пӗтӗм тӗнчери орган аллине пама тытӑнмалла тата малашне те пурин те парса тӑмалла. Пӗрлешнӗ Нацисен Организацийне пӑхӑнса тӑракан ҫавӑн пек орган туса хурассине эпир шанса тӑратпӑр.

Хӑш ҫӗршывӑн мӗн чухлӗ памаллине, ҫак ӗҫӗн йӗркине тата ытти ӗҫсене мӗнле тумаллине «вӑрттӑн калаҫусем» вӑхӑтӗнче палӑртмалла, вӑл калаҫусем ҫинчен эпӗ маларах асӑннӑччӗ.

Пӗрлешӳллӗ Штатсем ҫавӑн пек ӗҫсенӗ тӳрӗ кӑмӑлпа тума тытӑнма хатӗр. Пӗрлешӳллӗ Штатсен кирек хӑш партнерӗ те, ун пекех тӳрӗ кӑмӑлпа тӑрӑшаканни, Пӗрлешӳллӗ Штатсем ӑс-тӑнсӑр е хӑйне пысӑка хуракан партнер пулманнине курӗ.

Ҫак плана пурнӑҫлама малтанлӑха памалли пайсем, паллах ӗнтӗ, хисеп енӗпе пысӑках пулмӗҫ. Анчах ҫак сӗнӳ ытти сӗнӳсенчен нумай лайӑхрах, мӗншӗн тесен ӑна тӗнчери ҫӗршывсем хушшинчи пӗтӗмпех йышӑнма юрахлӑ инспекципе контролӗн кирек мӗнле системине тунӑ чухне те пулакан тӑрӑхтарасси тата пӗрперне шанманни пулмасӑрах пурнӑҫлама май килет.

Атом энергийӗ тӗлӗшпе ӗҫлекен орган ҫине хӑйӗн аллине уйӑрса панӑ пайланса аркатакан материалсене тата ытти материалсене пухассишӗн, перекетлессишӗн, сыхласа усрассишӗн ответлӑх хума май пулӗччӗ. Пирӗн ученӑйсем ҫав пайланса арканакан материалсен запасӗсене кӗтмен ҫӗртен тытса илессинчен чӑнкипех шанчӑклӑн сыхласа усрама уйрӑмах лайӑх условисем тумалли майсене кӑтартса панӑ пулӗччӗҫ.

Атом энергийӗ тӗлӗшпе ӗҫлекен ҫак органӑн тата пысӑкрах задачи пайланса арканакан ҫав материалсене этемлӗхе мирлӗ ӗҫ валли уйӑрса пама май паракан меслетсене туса хатӗрлесси пулнӑ пулӗччӗ. Специалистсене ялхуҫалӑхӗпе медицина ӗҫӗсене тата ытти мирлӗ ӗҫсене пурнӑҫлама атом энергийӗпе усӑ курмалли майсене тупма мобилизацилеме пулӗччӗ. Тӗнчери электричество энергийӗ ҫитмен пирки йывӑрлӑх тӳсекен районсене электроэнерги нумай парса тӑмалла тӑвасси уйрӑмах паллӑ тӗллев пулнӑ пулӗччӗ. Ҫапла вара, этемлӗхе хӑратса тӑрас вырӑнне, ку ӗҫре пӗрле килӗштерсе ӗҫлекен державӑсем хӑйсен вӑйӗсене пӗр пайне этемлӗх нушисене тивӗҫтерме панӑ пулӗччӗҫ.

Пӗрлешӳллӗ Штатсем ытти ҫӗршывсемпе—«ку ӗҫ пуринчен ытларах пырса тивекен» ҫӗршывсемпе пӗрле—атом энергийӗпе мирлӗ ӗҫре усӑ курассине хӑвӑртлатма пулӑшакан плансене туса хатӗрлеме тытӑнма хавасланасах хатӗр пулӗччӗҫ.

«Ку ӗҫ пуринчен ытларах пырса тивекен» ҫӗршывсен шутӗнче, паллах, Совет Союзӗ пулмалла...»

## Радист-операторсен конкурсӗ

Декабрӗн 13-мӗшӗнче радист-операторсен Пӗтӗм Союзри классификациллӗ конкурсӗ пулса иртрӗ. Ҫак конкурса Шупашкарти радиоклуб членӗсем, хулари предприятисемпе учрежденисенче ӗҫлекенсем пурӗ 27 ҫын хутшӑннӑ.

Радист-операторсем тӗрлӗ хӑвӑртлӑхпа радиопа панӑ цифрлӑ тата саспаллиллӗ текстсем ҫырса илнӗ. Кунсӑр пуҫне радистсем хӑйсем те телеграф ключӗпе текстсем панӑ. Малтанхи результатсем конкурса хутшӑннӑ чылай операторсен ӑсталӑхӗ пысӑккине кӑтартнӑ.

(Хамӑр инф.).

## ДОСААФ организацийӗн республикӑри конференцийӗ

ДОСААФ организацийӗн республикӑри пӗрремӗш конференцийӗ пулса иртрӗ. Конференцире республикӑри ДОСААФ оргкомитечӗн председателӗ П. Трофимов юлташ доклад туса пачӗ.

Докладчик ҫакна палӑртрӗ: республикӑри чылай районсенчи ДОСААФ организацийӗсем ӗҫҫыннисем хушшинче ҫар пӗлӗвӗсене сарас, физкультурӑпа спорт ӗҫне аталантарас тӗлӗшпе хӑшпӗр ӳсӗмсем тунӑ. Сӑмахран, обществӑн Шупашкар хулинчи комитечӗ массӑллӑ спорт енӗпе чылай ӗҫсем туса ирттернӗ. Радиотелеграфистсен, парашютистсен, тӗл перекенсен кружокӗсем йӗркеллӗ ӗҫлеҫҫӗ. Комитет пуҫарнипе общество членӗсем хушшинче тӗрлӗ ӑмӑртусем тӑтӑшах пулса иртнӗ. Ҫакӑ ӗҫҫыннисен пуҫарулӑхӗ ҫине таянса ӗҫленипе пулса пынӑ.

Анчах общество организацийӗсен ӗҫӗнче пысӑк ҫитменлӗхсем пур. Чылай ҫӗрте общество ӗҫне йӗркелемелли лайӑх майсемпе общество руководителӗсем кирлӗ пек усӑ курмаҫҫӗ-ха. Сӑмахран, Етӗрне, Сӗнтӗрвӑрри, Куславкка районӗсенче тинӗс ӗҫне анлӑ аталантарма пулать. Унта шывра ишекенсен, кимӗпе ярӑнакансен ӑмӑртӑвӗсене час-часах ирттерме май пур. Анчах та ҫак районсенчи общество организацийӗсене ертсе пыракансем ку ӗҫе манӑҫа хӑварнӑ.

Прениве тухса каланӑ чылай делегатсем республикӑри ДОСААФ оргкомитечӗ ирӗклӗ обществӑн районсенчи организацийӗсен ӗҫне начар ертсе пынине палӑртрӗҫ.

— Оргкомитет работникӗсем районсенче сахал пулаҫҫӗ,— терӗ Кавказов юлташ (Сӗнтӗр районӗ).— Ҫавӑнпа та пире республикӑри комитет конкретлӑ пулӑшу пани курӑнмасть. Пуҫламӑш организацисен ыйтӑвӗсене тӗпчесе пӑхни кирлӗ.

Иванов юлташ (Шупашкар районӗ) общество ӗҫне туса пыма пуҫӗнсем сукки ҫинчен калать. Дмитриев, Жучков тата ытти юлташсем общество членӗсем пулнӑ хӑрарӑмсене хутшӑнтарасси тата физкультурӑпа спорт енӗпе ирттерекен ӑмӑртусене общество членӗсене анлӑрах хутшӑнтарасси ҫинчен каларӗҫ.

Конференци республикӑри ДОСААФ комитетне, ревизи комиссин составне тата ДОСААФ-ӑн Пӗтӗм Союзри пӗрремӗш конференцине кайма делегатсем суйларӗ.

Республикӑри ДОСААФ комитечӗн ларӑвӗнче республикӑри ДОСААФ комитечӗн председателӗ пулма П. М. Трофимов юлташа суйларӗ.

## Ялхуҫалӑх механизаторӗсен училищинче

Октябрӗн 1-мӗшӗнче ялхуҫалӑх механизаторӗсен училищинче вӗренӳ ҫулӗ пуҫланчӗ. СССР Ялхуҫалӑх министерстви кӑтартнӑ тӑрӑх ҫитес ҫулхи ҫуракиччен училищӗн 670 тракторист-слесарь, 815 комбайнер-механик вӗрентсе хатӗрлемелле тата 16 трактор бригадин бригадирӗсене тепӗр хут вӗрентмелле. Халӗ училищӗре пин ҫынна яхӑн вӗренет.

Парти кусари промышленность предприятисенче ӗҫлекен коммунистсенӗ те ялхуҫалӑх специалисчӗсене яла ӗҫлеме кайма чӗннине республикӑри ӗҫҫыннисем пысӑк хавхаланупа кӗтсе илчӗҫ. Халӗ училищӗре вӗренекен курсантсем пурте тенех промышленность предприятисенче ӗҫлекен ҫынсем. Пӗр Канаш хулинчи учреждениесемпе предприятисенчен кӑна училищӗне ҫӗр ҫынна яхӑн вӗренме килнӗ. Акӑ, яла ӗҫлеме тухаканӗ хутшӑнакансенчен пӗри — Виталий Петрович Платонов. Вӑл малтанхи вӑхӑтра Куславкка МТС-ӗнче чылай ҫул хушши тракторист пулса ӗҫленӗ. Кайран ҫак ӗҫе пӑрахса сурсем тӑвакан заводра слесарь пулса ӗҫлеме кӳснӗ. КПСС Центральнӑй Комитечӗн сентябрьти Пленумӗ йышӑннӑ постановление Платонов юлташ хумханмасӑр вулама пултарайман.

— Манӑн вырӑн халӗ колхозра, тырӑ-пулӑ тухӑҫлӑхне обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫ пирӗншӗн халӗ питӗ кирлӗ ӗҫ,—тенӗ вӑл Куславкка МТС директорӗн умӗнче пӗрре.

— Пире халӗ сирӗн пек ҫынсем кирлӗ те ӗнтӗ,—тенӗ директор. Вӗҫех Платонов юлташа Канашри ялхуҫалӑх механизаторӗсен училищине вӗренме кайма ӳкӗтленӗ.

[illegible]

Платонов пек курсантсем кунта питӗ нумай. Акӑ, П. Борисов Канаш станцин вагонсене тӗрӗслекен пункчӗнче оператор, Н. Осип—Канашри ремстройконторӑн слесарӗ, Г. Дмитриев—вӑрман промыслахуҫалӑхӗн грузчикӗнче ӗҫленӗ.

Училищӗре хӗрачасем те сахал мар. Акӑ Мария Малюшова. Вӑл пӗр вӑхӑтра Комсомольски МТС-ӗнче электросварщица пулса ӗҫленӗ. Кайран Канаш хулинчи пӗр промышленность предприятине ӗҫлеме куҫнӑ. Партин Центральнӑй Комитечӗн сентябрьти Пленумӗн решенине вуланӑ хыҫҫӑн яла ӗҫлеме кайма кӑмӑл тунӑ. Халӗ Мария Малюшова комбайн механикӗ пулма вӗренет.

... Вӗренӳ корпусӗн 4-мӗш аудиторийӗ. Ку аудиторинче тракторист-слесарь пулма вӗренекен курсантсем. Учительница Е. С. Логинова иртнӗ занятинче вӗреннине кам мӗнле ӑнланнине тӗрӗслет.

— Дизельпе ӗҫлекен трактор бригатехӗ мӗнле ӗҫленине каласа памалла. Кам ответлес тет?—ыйтать преподаватель.

Курсантсем пурте пекех аллисене ҫӗкленеҫҫӗ.

В. Никитин юлташ трактор моторӗн цилиндрӗсем мӗнле ӗҫленине тӗплӗн каласа ӑнлантарса парать. Хӑй вӗренӳре пӗлнине мотор моделӗ патне пырса е мотор пайӗсен схеми патне пырса кӑтартса парать.

Курсант тӗрӗс ответлерӗ. Логинова инженер журналта Никитин хушамачӗ тӗлне «5» паллӑ лартса хурать. С. Тумаланов, И. Иванов, В. Константинов курсантсем те хӑйсен ответӗсемшӗн «5» паллӑ илеҫҫӗ.

Юнашар аудиторисенче курсантсем комбайн пайӗсене, агротехникӑна, ялхуҫалӑх артелӗн Уставне вӗренеҫҫӗ. Училищӗн производство мастерскойӗнче тата слесарнӑй цехри курсантсем слесарь ӗҫне вӗренеҫҫӗ. Сергей Осипович Митронин инженер курсантсене ҫӗнӗ материал ҫинчен ӑнлантарса парать. Вӑл училищӗре 16 ҫул ӗҫлет.

Техникӑна лайӑх вӗренме училищӗн кирлӗ условисем пурте пур. Ятарласа лартнӑ мастерскойра токарнӑй, сверлильнӑй, фрезернӑй, шлифовальнӑй станоксене электромоторсемпе ӗҫлеттереҫҫӗ. Училищӗн электросварочнӑй, газосварочнӑй, подъемнӑй механизмсем тата ытти оборудовани те нумай. Кунтах электростанци ӗҫлет.

Уйрӑм вырӑнта машинӑсен паркӗ. Паркра ялхуҫалӑх машинисем нумай, тӗрлӗ маркӑллӑ тракторсемпе комбайнсем, плугсем, культиваторсем, сеялкӑсем, лущильниксем, сортировкӑсем, молотилкӑсем.

Училищӗре республикӑри МТС-сенче халиччен ӗҫленӗ трактор бригадин бригадирӗсем 10 уйӑх хушши вӗренчӗҫ. Вӗсем ҫӗрӗҫ техникине тӗплӗн вӗреннипе пӗрлех обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетмелли наукӑн ҫӗнӗ никӗсӗсемпе те тӗплӗн паллашрӗҫ. Ҫак кунсенче пулса иртнӗ пӗлӳ тӗрӗслевӗсенче бригадирсем пурте лайӑх паллӑсем пачӗҫ.

Училищӗн хӑйӗн «ферма» пур. Унта шыв ӳсласа хӑпартакан водокачка, кормокухня, автопоилка, тымарҫимӗҫсене тураса вӗтетмелли, ҫуса тасатмалли машинӑсене вырнаҫтарнӑ. Уйрӑм пӳлӗмре ӗне сумалли, ҫӑм касмалли машинӑсем пур.

• • •

Канашри ялхуҫалӑх механизаторӗсен школне 1936 ҫулта уҫнӑ. Унтанпа шкул социализмла ялхуҫалӑхӗ валли ҫулсеренех механизаторсем нумай вӗрентсе хатӗрлет. Вунҫичӗ ҫул хушшинче механизаторсен школӗнчен МТС-семпе колхозсем валли 8.500 специалиста яхӑн вӗренсе тухнӑ. Кӑҫал ҫак шкул училище туса хунӑ.

Механизаторсен училищинче техникӑпа производствӑна лайӑх пӗлекен опытлӑ инженерсемпе техниксем тата преподавательсемпе инструкторсем ӗҫлеҫҫӗ. Преподаватель-зоотехник В. П. Орлов училищӗре 17 ҫул, шоферсене вӗрентсе хатӗрлекен С. А. Митронин 16 ҫул, ялхуҫалӑх машинисем ҫинчен вӗрентекен М. А. Филиппов агроном пӗр улшӑнмасӑр ҫичӗ ҫул хушши ӗҫлеҫҫӗ.

Социализмла ялхуҫалӑхӗнчи новаторсен ӗҫри опычӗпе паллаштарас майпа механизаторсен училищинче ҫулсеренех республикӑри ялхуҫалӑх мастерӗсем пулаҫҫӗ. Сӑмахран, Вӑрнар МТС-ӗнчи трактор бригадин бригадирӗ Социализмла Ӗҫ Геройӗ Пронькин юлташ училищӗре темиҫе хутчен те пулнӑ, вӑл хӑйӗн опычӗпе паллаштарнӑ. Кольцовкӑри Сталин ячӗпе тӑракан колхоз мӗнле майпа вӑйлӑ тырпул туса илни ҫинчен каласа панӑ.

Училищӗре вӗренме лайӑх условисем туса панӑ. Вӗренӳре кирлӗ пулан техникӑсенҫӗр пуҫне пысӑк библиотека пур. Унта 40 пин кӗнеке ытла шутланать. Курсантсем таса та пысӑк общежитисенче пурӑнаҫҫӗ. Ятарласа столовӑй уҫнӑ. Столовӑйра курсантсене тӳлевсӗрех апат ҫитереҫҫӗ. Унсӑр пуҫне тракторист-слесарьсем пулма вӗренекен курсантсене 200 тенкӗ, комбайн механикӗсене 260 тенкӗ стипенди параҫҫӗ. Хваттересенче пурӑнакан курсантсене хваттер укҫи тӳлеҫҫӗ.

Ҫӗнӗ вӗренӳ ҫулӗн малтанхи кунӗсенче училищӗра пысӑк ҫитменлӗхсем пурччӗ. Халӗ ҫав ҫитменлӗхсене пӗтерсе пыраҫҫӗ.

Училищӗн пулӑшӑвӗ тата та пысӑк. Ҫитес ҫывӑх кунсенче кунта ҫӗнӗ вышкӑ трактор илсе килмелле. Ҫак кунсенче столовӑй суртне туса пӗтереҫҫӗ. 400 ҫын вырнаҫмалӑх вӗренӳ корпусӗпе производство мастерскойӗ тума тытӑнаҫҫӗ.

Г. ИСАЕВ.

# Хăшпĕр итогсемпе малашнехи ĕмĕтсем

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ «ССР Союзĕнчи ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановленипе хавхаланса, «Правда» колхоз членĕсем кăçалхи ялхуçалăх çулне айăçлă вĕçлерĕç. Государствăна тĕштырă, çĕрулмипе пахча çимĕç тата выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли обязательствăсене срокчен пурнăçланă. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана иртерсе тултарнă. Утă-улăм тата ĕçтелĕ апатсем çителĕклĕ хатĕрлесе, выльăхсен тухăçне ÿстерме çирĕп никĕс хывнă.

Кăçал тырпул тухăçĕ пĕлтĕрхинчен самаях ÿснĕ. Малта пыракан Ф. Никитин юлташ бригади кашни гектар çинчен 20-шер центнер пăрça, 14-шар центнер ыраш, 217-шер центнер çĕрулми, 8,5-шер центнер кантăр вăрри туса илнĕ. Т. Кузнецов юлташ ертсе пыракан уйхир бригади те вăйлă тырпул илчĕ. Утă-лăх акса тăвакан курăксен тухăçĕ те ÿсрĕ. 150 гектар çинче кашни гектартан 56 центнер утă çулса илнĕ.

Анчах уйрăм участоксем çинче тата хăшпĕр бригадăсем начар тырпул туса илнĕ. Çакă вăл, чи малтан, агротехникăлла ĕçсен комплексне пурнăçламаннинчен килнĕ. Çĕре минераллă тата органикăллă удобренисемпе çемçетессине мĕнле уя мĕнле культура акнине шута илмесĕр тунă. Çакă вăл пысăк çитменлĕх пулса тăрать.

Колхозăн малашнехи планĕнче çак çитменлĕхсене пĕтерме, 1954 çулта кашни гектартан тырпул 15 центнер туса илме, 1955 çулта вара 20 центнера çитерме палăртрăмăр.

Парти пирĕн умма кăларса тăратнă пысăк задачăсенчен тухса тăракан çак плана пурнăçлас тесе, чылай ĕçсем туса иртерме ĕнтĕ.

Çуртри акмалли мĕнпур лаптăка сентябрь уйăхĕнчех кĕрхи çĕртме туса хăвартăмăр. Çула кассине пĕлтĕрхинчен 2—4 сантиметр тарăнрах янă. Чылай вырăнсенче çĕртме çухине 25—28 сантиметр тарăнăш сухӑлама тытăнтăмăр.

Колхозра хĕллехи агротехника мероприятийĕсене лайăх пурнăçлассишĕн кĕрешÿ анлăн сарăлчĕ. Халĕ хире 3 пин тонна ытла тислĕк кăларнă. Тислĕк лайăх çĕртĕр тесе, эпир çĕр шăнниччен уйра тислĕк вырăнĕсем хатĕрлесе хунă. Халĕ çавăнта тислĕке купаласа пыратпăр. Минераллă удобренисем те чылай кÿрсе килтĕмĕр. Çуллах 500 тонна тислĕкпе торф тата фосфорит çăнăхĕ хутăштарса компост хатĕрленĕ. Унпа кантăр акмалли вырăнсене çемçететпĕр.

Пахa вăрлăх—вăйлă тырпул никĕсĕ. Ытти çулсенче эпир вăрлăхсене иккĕмĕш класлă кондицие çитернипе çырлахнă. Çакă çителĕксĕр тесе шутлатпăр. Пĕрремĕш класа çитерес тесе, пур вăрлăхсене те иккĕмĕш хут сортласа тасатма тытăнтăмăр. Вăрлăхсем чÿхемелли имçамсем те çителĕклĕ хатĕрлесе хунă.

Мĕнпур лаптăка ансăр тата хĕреслĕ майсемпе кăна акса хăварма палăртатпăр. Эпир прогрессивлă çак меслетсемпе акнă лаптăксем çинче ытти лаптăксем çинчинчен чылай пысăкрах тухăçлă тырпул туса илтĕмĕр.

Çуракине ир пуçăнса 6 кун хушшинче вĕçлеме палăртатпăр. Çуркунне кĕртыррисен калчисене пĕтĕмпех удобренисемпе апатлантармалла, сÿрелемелле.

Колхоз планĕнче çĕрулмипе пахча çимĕç туса илес ĕçе те вăйлатма пăхнă. Ку тĕлĕшпе çак культурăсене тăваткал тĕмĕн лартмалла, çĕре нумай удобрени памалла, йăран хушшисене МТС машинисемпе çемçетмелле.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла аталантарса пыратпăр. Колхоз кăçал пуçласа ĕнесенчен сĕт, сурăхсенчен çăм тата çамрăк выльăхсем илмелли плана иртерсе тултарчĕ. Малта пыракан В. Мошковăпа А. Игнатьева доярккăсем кашни ĕнерен 1.500 литр таран сĕт суса илчĕç. Вĕсен тата çĕршыври выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç ăстисен опытне анлăн сарса, килес çул ĕнесенчен сĕт суса илессине вăтам шутпа 1.800 литра çитеретпĕр. Халĕ фермăра 60 ĕне пулсан, 1954 çулта вĕсен хисепĕ 100 пуçа, 1955 çулта 150 пуçа çитмелле. Кашни 100 гектар çĕр пуçне 10 сăвакан ĕне усрама тытăнатпăр. Сĕт суса илесси 4 хут ÿсет.

Ку тĕлĕшпе те хамăр плана пурнăçласа пыратпăр. Халĕ талăкра кашни ĕнене 8 килограмм кăшман, 8 килограмм çĕрулми, 10 килограмм силос, 12 килограмм утă, улăм тата 2 килограмм турантă çитеретпĕр. Рационта çакăн пек тĕрлĕ апатсем никăш çулта та пулман. Кăçал пĕрремĕш хут ĕнесене хĕлле 3 хут сума пуçларăмăр. Çак ĕçсене туса иртернĕ хыççăн, кĕтнĕ пекех, ĕнесем сĕт хушса пачĕç. Пăруланă чылай ĕнесем пĕлтĕрхи çак вăхăтринчен икĕ хут ытларах сĕт параççĕ.

Калас пулать, çуллахи вăхăтра ĕнесенчен нумайрах сĕт суса илессĕ. Кĕтÿре çÿренĕ хыççăн ĕнесене симĕс курăк хушса парса, пирĕн доярккăсем те нумай сĕт суса илчĕç. Çак опытпа усă курса, 1954 çулта симĕс конвейер валли курăксем чылай акрăмăр.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетесси чи пысăк тупăшлă отрасль пулса тăмалла. Килес çул ĕне ферминчен 200 пин тенкĕ, сысна ферминчен 350 пин тенкĕ, ытти фермăсенчен 100 пин тенке яхăн тупăш курма пăхнă. Сыснасене самăртма тăратрăмăр. Вĕсене кашнине 100—120 килограмм таран самăртмасăр сутмастпăр.

Выльăх-чĕрлĕх фермисенчи йывăр ĕçсене механизацилесе, кăçал кухньăсене кормозапарник, тымарçимĕçпе çĕрулми çумалли тата тÿсе вĕтетмелли, турантă ватмалли, кĕрпе тумалли машинăсем вырнаçтарнă. Çав машинăсене электричество вăйĕпе ĕçлемелле тăватпăр. Халĕ электростанци тума двигательпе генератор туянтăмăр. 1954 çулта ăна ĕçе яратпăр.

Ялхуçалăх культурисемпе выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне хăпартни колхоза кашни гектар çĕртен илекен тупăша ÿстерме пулăшать. 1954 çулта укçа-тенкĕ тупăшĕ 1 миллион та 305 пин тенке çитмелле.

Кашни колхозник хăйĕн килĕнче Уставра кăтартнă чухлĕ выльăхсем усратăр тесе те тăрăшатпăр. Кăçал колхоз правленийĕ пулăшнипе 60 хуçалăх ĕне е пăру туяннă. Колхозран кăна артель членĕсене 50 сурăх тата 200 сысна çури сутнă. Кĕркунне 9 çемье çĕнĕ пÿрте пурăнма куçрĕç.

С. ШЛЯБИН,
Элĕк районĕнчи «Правда» колхоз председателĕ.
И. ЯХВАРОВ,
МТС-ăн колхозри агрономĕ.

# Ялхуçалăх выставки хыççăн пуçа килнĕ шухăшсем

КУКЕÇ. Районти ялхуçалăх выставки ялхуçалăхне малалла аталантарса пыма районти пур условисем те çителĕклĕ пулнине уççăн кăтартса парать. Кăçал чылай колхозсем вăйлă тырпул, пысăк тухăçлă çĕрулми, пахча çимĕç туса илнĕ, общественлă выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне чылай ÿстернĕ. Анчах районти ялхуçалăх выставкине организацилес ĕçре пысăк çитменлĕхсем пулни курăнать.

Пысăк çитменлĕх—выставка малта пыракансен пахa опытне пропагандăламалли трибуна пулса тăманни. Выставкăна хутшăннă колхозсен ĕç результачĕсене пачах та уçса паман. Крупская ячĕпе тăракан колхоз экспоначĕсем хушшинче вăрăм та парка пучахлă тулă кĕлти илемленсе тăрать. Унăн çумне çирĕплетнĕ пĕчĕк хут татки çине кĕскен çапла çырса хунă: «ульяновка» сорт, гектартан 23 центнер пухса илнĕ. Анчах çавăн пек тухăçлă тула агротехникăлла мĕнле мероприятисемпе усă курса туса илме пултарни çинчен пĕр сăмах та асăнман.

Экспонатсем çак çулта «Память Кирова» колхоз гектартан 500 центнер сахăр кăшманĕ, 250 центнер кишĕр, 800 центнер купăста, Куйбышев ячĕпе тăракан колхоз гектартан 220 центнер çĕрулми туса илнине, Чапаев ячĕпе тăракан колхозри доярккăсем 10 уйăх хушшинче кашни сăвакан ĕнерен вăтам шутпа 1.600 литр сĕт суса илнине кăтартса параççĕ. Выставкăна пынă çынсем çак çитĕнÿсене мĕнле майпа тума пултарнипе питĕ интересленчĕç. Анла пулин те, выставка вĕсене нимĕнле ответ та памасть.

Пахах, çакăнши пахa çитĕнÿсем тунă колхозсемпе бригадăсем е уйрăм çынсем мар, выставкăна организацилекенсем айăплă. Вĕсем çакна майнă: выставкăна çитĕнÿсене шута илме çеç иртерессĕ, выставка малта пыракансен опытне, наука çитĕнĕвĕсене пропагандăламалли тĕп форма пулса тăмалла.

Çакă та тĕрĕс мар: МТС колхоз производствинче тĕп вăй пулса тăнине выставка çителĕклĕ уçса памасть. Юлашки çулсенче районти МТС нумай тракторсемпе, комбайнсемпе, çĕнĕ йышши машинăсемпе пуянланнă. Çакна май, паллах, колхозсенче МТС машинисемпе тăвакан ĕçсен пысăкăшĕ чылай ÿснĕ. Анчах çапсем çинчен калакан экспонатсем çукпа пĕрех. МТС-ри малта пыракан трактор бригадисемпе уйрăм механизаторсен пахa ĕçĕсем çинчен выставка пĕр сăмах та шарламасть.

Шупашкар хулинчи предприятисемпе учрежденисем районти колхозсено электрификацилес, колхоз производствинчи ĕçсене механизацилес тата ытти тĕлĕшпе те пысăк пулăшу параççĕ.

Юлашкинчен çакна палăртмалла: выставкăна ячĕшĕн кăна организациленĕ. Мĕншĕн тесен выставкăна районти. 25—30 колхоза пачах та хутшăнтарман, районти колхозсенче сахăр ĕçĕ, хурт-хăмăр, пулă ĕрчетес ĕçсем, строительство ĕçĕсем мĕнле пынине кăтартса паракан экспонат выставкăра пĕрре те çук. Выставка пурĕ те пĕр кун—колхоз председателĕсен районти канашлăвĕ пулнă кун кăна усă пулнă. Çак кун та унта 100—150 çынран ытла пулман. Тепĕр кун кăнтăрла тĕлне выставкăна хупнă. Çапла вара ахăрн колхозсенчи колхозниксем çеç мар, Кÿкеç сывăхĕнчи колхозсенчи колхозниксем те районти ялхуçалăх выставкинчи экспонатсемпе пачах та паллашайман.

А. АЛЕКСЕЕВ.

## Хĕрлĕ хĕрес обществин Шупашкар хулинчи конференцийĕ

Хĕрлĕ хĕрес обществин Шупашкар хулинчи членĕсен IV-мĕш конференцийĕ пухса иртрĕ.

Конференципе обществăн хулари организацийĕн ĕçне малалла лайăхлатас тĕлĕшпе решени йышăннă, хулари комитетăн çĕнĕ составне, ревизи комиссийĕн членĕсене тата Хĕрлĕ хĕрес обществин республикăри конференцине кайма делегатсем суйланă.

# Капкăн кĕтесси

## Туссем

### Юптару

Сарă уйăх пытанса ларсан,
Сăрт çине хăпарчĕ Арăслан.
Чĕннĕ ушкăн çуккине кура,
Пухура
Пулма тивĕç, терĕ, сас-хура.
Кап-кашларĕ ĕмĕрхи вăрман,
Хăмăр тилĕ тухрĕ чăтлăхран.
Кашкăрпа Упа та сывăрман,
Каçару çеç ыйтрĕç пуçлăхран.
Çаврасил пек çитрĕ те куян,
Арăслан çĕкленчĕ ик уран:
«Паян
Пĕр ыйту тăрать кун йĕркинче—
Дисциплина кирлĕ çĕр çинче.
Ку пĕрре,
А тепре...»—
Мăй патне вăл тăсрĕ таппине
(Пĕлме кирлĕ ку мĕн паллине).
Кăшт ларсан,
Сăмах тăсрĕ ватă Арăслан:
«Самăр Сурăх
Шат та пат сухалнă кĕтÿрен,
Шур така пĕлтерне тăрăх.
Улĕмрен,
Вăрра тытĕç вăрăм хÿререн.
Висĕмкун сухалнă виç вĕлле,
Сăмахне каллех ман илтмелле.
Малалла.
Тепĕр тус вĕреннĕ, тет, яла.
Кĕнĕ те вăл чăх-чĕп картине,
Кÿпĕнтернĕ тĕпсĕр хырăмне.
Хăшпĕри, ав пулнă пит ăста:
Урхенмесĕр чыхнă купăста.
Малалла...
Çавăнтан халь вывод тумалла».—
Каласу вĕсленчĕ. Тилĕ
Кусне хĕсрĕ пурте сисмелле.
Хăнасем таптарчĕç вирлĕн
Тилĕ хыççăн чăтлăх еннелле.

* * *

Юлташсем! Çакна ан манăр:
Арăслан пек хăшпĕр пуçлăхсем,
Пĕр ята та асăнмасăр,
Вĕçтереççĕ пушă сăмахсем.

Н. ПАХОМОВ.

## Çăткăн Муççа

Красноармейски районĕнчи Байсубино ялĕнчи магазинта продавец пулса М. Данилов ĕçлет. Ялта ăна Муççа тесе чĕнеççĕ. Вăл советла суту-илÿ йĕркисене сĕмсĕррĕн пăсать, сахăр-песокпа кĕрпепе хутăштарать, кирлĕ япаласене хăй валли илет е тăванĕсене сутать. Лавккари кăмакана пăсса Турхан Упи ялповĕн председатель заместительне В. Танаевские йÿнĕ хакпа сутнă. Лавккара таса мар, чылай таварсем тусан айне пулнă.

(Н. Скворцовпа В. Романов çырăвĕнчен).

— Муççа пиччен мĕскер пур?
— Тĕлĕнтермĕш тавар пур;
Ни песок мар, ни кĕрпе,
Сутать ăна йĕкĕрпе.

Кÿрсе килчĕç çĕн тавар —
Хаклах та мар самовар.
Кирлĕччĕ-ха ку мана
Тыттармашкăн кумана.

Муççан ларать лавккара
Кивех те мар кăмака.
Тет, илет пуль пуçана?..
Сук, сутам, тет, «хуçана».

* * *

Капкăн алăкне уçса
Астутартăмăр: Муççа,
Закон тăрăх лектерсен,
Тутлă пулмĕ, ан çилле.

Н. НИКИТИН,
Г. АНДРЕЕВ.

### Капкăна лектернĕ хыççăн

Ноябрĕн 27-мĕшĕнче Капкăн кĕтессинче Шупашкарти 1-мĕш мунчари йĕркесĕрлĕхсене кăтартнăччĕ.

Шупашкар хула Совечĕн коммунальнăй пайĕ «Капкăн кĕтессинче» кăтартнă фактсене сÿтсе явнă, мунчари çитменлĕхсене пĕтерме мерăсем йышăннă.

## Çăл патĕнчи калаçу

Кăвак çутă килнĕ. Районти учрежденисем патĕнчи çăл тĕлĕнче çынсен мĕлкисем палăраççĕ. Вĕсем шакăлтатса калаçни илтĕнет.

— Паян ытларах сывăрнă,—тет пĕри.—Ытти чухне çăл патне çурçĕр иртсен виçĕ сехетренех тухаканччĕ, çуршар витре тасарах шыв ăсса кĕреканччĕ.

— Эпир ĕнтĕ чылайранпа мунча кĕмесĕр пурăнатпăр. Пирĕн Кÿкесре мунчи те çук, анчах шывне тупма тата хĕнтерех,—тет тепри.

— Вăрман херринчи пысăк çурт мунча мар-и вăл?—тесе ыйтать малтанхи.

— Вăл çурта мунча тăватпăр тесе лартрĕç те, анчах ăна тунăранпа виçĕ хутчен те хутман. Халĕ вăл поселокри хуçасăр çÿрекен вачакасене кĕрсе выртмалли çурт анчах пулса юлчĕ. Уншăн ответлă çынсем çук. Халĕ унăн кантăкĕсемпе алăкĕсене тата хăмисене пĕтĕмпех йăтса пĕтереççĕ,—ответ парать иккĕмĕшĕ.

— Шыв кăларас ĕçе çăмаллатма Кÿкесре çилпе ĕçлекен арман лартрĕç-çке...

Ветродвигатель лартма 80 пин тенкĕ ытла пĕтернĕ. Анчах унпа шыв сăкăр витре те кăларман. Хале вăл куçран çухалтăр тесе, унăн хăшпĕр лайăх пайĕсене çĕмĕрсе тустарса пĕтерме пуçланă.

1953 çул пуçламăшĕнче Кÿкеç çыннисем пĕр-пĕринпе питĕ пысăк савăнăçлă хыпар çинчен хĕпĕртесе калаçнă. Кÿкесре водопровод тума йышăнни çинчен пĕлнĕ. Ку постановлени тăрăх, çав водопровода кăçалхи сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне туса пĕтермелле, ĕçе ямалла пулнă. Ăна тума 161 пин тенкĕ укçа уйăрса пани çинчен те асăннă.

Водопровод проектне тăвас ĕçе Чăваш АССР Ялхуçалăх министерствин проект кантурĕ хăй çине илнĕ, ăна вăл хăвăрт туса панă.

— Проектне хăвăрт туса пачĕç, уншăн укçине те васкавлăн куçарса парас, —тенĕ райисполкомра.

Часах 13 пин те 657 тенкĕ укçа куçарса панă. Ку проекта исполком ларăвĕнче пăхса тухса çирĕплетнĕ, унтан Ялхуçалăх министерствин строительство управленине тăратнă. Водопровод тумалла проекта строительство управленинчĕ пăхса тухсан, кăна йăнăш тунă, кунта тÿрлетмеллисем нумай, тенĕ. Проект кантурĕ хăйĕн йăнăшĕсене хăех юсама килĕшнĕ, анчах юсанăшăн 772 тенкĕ укçа хушса тÿлеттернĕ.

Проект тунăшăнах государство укçине 15 пин тенкĕ расходланă пулин те, водопровод тăвас ĕçе хăвăртлатма тăрăшакан тупăнман.

Чăваш АССР Ялхуçалăх министерствин строительство управленийĕ водопровод тума цемент, кирпĕч, çурнă хăма уйăрса пама палăртнă. Анчах строительство ĕçне тытăниччен водопровод проектне тата тепĕр хут тĕплĕн пăхса тухма шутланă. Управленине «пысăк ăстаçăсем» пухăннă.

— Проектра татах та пысăк çитменлĕхсем пур. Водопровода шыв пымалли вырăнта шыв çителĕксĕр, водопровод тусан та нимĕн усси те пулмасть. Кÿкеç сывăхĕнче ăçта та пулин шыв нумай тухакан вырăн пулмаллах. Çавăнпа та шыв нумайрах тухакан вырăна тĕпчесе пĕлме Горький хулинчен специалистсем чĕнмелле,—тенĕ пĕрисем канашлура.

— Мĕн урăх çĕрте шырамалла, малтан ăçтан шыв илме палăртнă, çавăнтах тарăнрах çăл алтмалла. Апла пулсан, водопровод проектне улăштармалла,—тенĕ теприсем.

Проекта улăштарма йышăннă хыççăн, ноябрĕн 25-мĕшĕнче райисполкома хут янă: проекта улăштарма тухакан расхочсене витме райисполкомăн тата 3 пин тенкĕ тÿлемелле, тесе пĕлтернĕ.

Кунсем иртеççĕ. Водопровод тăвас ĕç малалла каймасть. Çавăн çинчен сăмах пычĕ те çăл патĕнчи калаçура.

Халĕ Кÿкесре пулаван канашлусенче 1954 çулта çĕнĕ шкул çурчĕ, пысăк пекарня, чайнăй, раймаг çурчĕ, МТС-ра пысăк мастерской тата ытти çуртсем лартасси çинчен нумай сăмахлаççĕ. Анчах водопровод тăвасси çинчен нимĕн те шарлаччĕ. Кÿкесре хăçан та пулин водопровод пулать-ши, е пулмасть-ши?

П. ЕФРЕМОВ.
Кÿкеç.

## Ĕçре халлап яракан—ĕç вăхăтне вăрлакан

Юррăма эпĕ пуçларăм,
Итлĕр ăна пурсăр та.
Нурчĕ пирĕн пĕр хĕрарăм,
Халь те пур вăл кантурта.

Çулĕпе вăл çамрăк мар,
Ситнĕ пулĕ хĕрĕхе.
Пикерен хăй кая мар,
Питĕнчен юн пĕрĕхет.

Ун çи-пуçĕ те таса
Сăр сĕрет питне-куçне
Хĕп-хĕрлĕ шĕлепке лартать
Кăтралатнă пуç çине.

Ирхине ĕçе пырать
Шăпах тăхăр сехете.
Ырлăх-сывлăх вăл сунать,
Кабинетсене кĕрсех.

Вара тин кайса ларать
Хăйĕн канлĕ вырăнне.
Халлапсем çапма пуçлать,
Тивертсе кăн пирусне.

Пĕр ик-виç сехет иртет
Тутлă сăмах-юмахпа.
Вара телефон чĕтрет —
Каласать тус-юлташпа.

Кăнтăрла çитсен çил евĕр
Хăвăрт çухалать вăл.
Вăл калать:—Пĕлетĕр эсĕр
Пурăнатăп пит инçе.

Апатран ĕçе утать
Çынсенчен кăшт каярах
Ĕç пĕтет киле васкать
Пуринчен те маларах...

Пурте пит аван пĕлетпĕр
Çакă чăнлăха апир:
Ĕçре халлап яракан —
Ĕç вăхăтне вăрлакан.

Нимĕн чухлĕ шеллемесĕр
Çавăн йышши çынсене
Хĕртмелле, питлемелле:
Пĕр вĕтмесĕр, пĕр черетсĕр
Капкăна лектермелле!

Сергей ДАНИЛОВ,
Куйбышев облаçĕ.

## Çăмăл меслет

**Райисполком председателĕ** (телефонпа): Дмитрий Иванович, эсир мĕншĕн ял Совечĕ валли вутă турттарса памастăр-ха?

**Колхоз председателĕ:** Ял Совет председателĕ Иванов юлташ ăшăнса ларасран хăратăп.

**Райисполком председателĕ:** Тĕлĕнтеретĕр эсир, Дмитрий Иванович. Иванов юлташ ăшă пÿлĕмре ĕçлесе ларни сирĕншĕн лайăх мар-и вара?

**Колхоз председателĕ:** Лайăх мар çав, Григорий Иванч! Ял Совет канцелярийĕнче ăшă пулсан, Иванов юлташ пирĕн колхоз правленине хĕл каçиччен те пырса курмасть. Капла сивĕ пÿлĕмре кÿтсе çитет те, ирĕксĕрех правленине чупса пырать, тĕрлĕ канаш парать, колхоз ĕçне хутшăнать.

А. ТУКМАКОВ.

## Çăмăл ĕç шыракан агроном

Владимир Петрович Тощев кăçалхи çуркунне Шупашкарти ялхуçалăх институтĕнчен вĕренсе тухрĕ. Кайран селекци станцине (Çĕрпÿ) кайрĕ. Кунти ĕç ун кăмăлне килĕшмен. Вара вăл Шупашкар сывăхĕнерех—«Красный флот» колхоза вырнаçрĕ. Кунта та вăл икĕ уйăх кăна ĕçлерĕ—Шупашкара куçрĕ.

**В. П. Тощев:** Сывă пулăр, колхозник юлташăмсем! Чипер пурăнăр, лайăх ĕçлĕр. Эпĕ хамăнне икĕ уйăх хушшинче ĕçлесе татрăм.

**Колхозник:** Каях эппин, каях!..

**Колхозник:** Чим ха, çамрăк çын, апла мар, йăнăшатăн эсĕ. Енер колхозниксем çапла каларĕç: ăна çил хăваласа çÿреме чарас пулать, терĕç.

### Аптрамалла

Фермăра пĕр сарă чăх
Сăмарта тума аптранă.
Нимĕн тăвайман енне
Тарăхса вăл калаланă:

«Лупас тăррине тăвас —
Чабак тавраш хăратать,
Çĕре туса пăрахас —
Кушак шăтарса ĕçет,
Хам йăвана тăвăттăм —
Чăх пăхакан хăй çиет».

Ручка ПЕТĔРĔ.
Комсомольски районĕ,
Нĕрвеç.

### СЕЛЬМАГРА

**Продавец** (шут шăрçине шутарса): Çур литр эрехпе пĕр кило пулăшăн сиртен 28 тенкĕ те 73 пус укçа тухать. Тата мĕн пама хушатăр?

**Колхоз счетоводчĕ:** Колхоз ячĕпе счет çырса парăр. «Иванов счетовод колхоз канцелярийĕ валли виçĕ литр чернила чăнах та илчĕ»—тейĕр.

### РАЙОН ЦЕНТРĔНЧЕ

— Сире ĕç нормине 150 процент тултарнă ятпа чĕререн саламлатăп! Ава, куратăр-и, сирĕн хушаматăр Хисеп хăми çинче пĕрремĕш вырăн йышăнать.

— Вăл иртнĕ çулхи ĕçсемшĕн. Халĕ эпĕ Кузбасра ĕçлетĕп.

П. ТУКМАК.

### Сĕнтĕрвăрри мыскари

Сĕнтĕрвăрринче тăватă çăл кăна. Шыв пуссисем час-часах çĕмĕрлеççĕ, вара хула халăхĕ Сĕнтĕр çырминчен шыв кÿрет.

Хула мунчине, халăх çăвăнмă вăхăтра, тимĕр кăмака хутса ăшăтаççĕ, çавах та сивĕ, пĕчĕк ачасемпе мунча кĕресси çинчен ан та шухăшла.

Качакасем çамрăк йывăçсене кăшласа çÿреççĕ.

Хулари ĕççыннисем
Темĕн чухлĕ ыйтусем,
Жалобăсем, сĕнÿсем
Çыра, çыра параççĕ,
Хулари начальниксем!
— шыв кÿрса курасçĕ-ши!
— Мунчара пуласçĕ-ши?
— Жалоба вĕçенине
Вуласа пăхасçĕ-ши?

К. ИВАНОВ.

### *Капкăнçăсене*

Капкăнçă юлташ!
Сатира сăнаничĕне
Çитменлĕхе çунтар!
Çунтар ав халăх ячĕн,
Пуç çавăн те хăстар!

Стенан ШАЛЫН.

## Хуçасăр хресчен çурчĕ

Райсовет исполкомĕн председателĕ ĕçрен киле таврăнма хатĕрленнĕ вăхăтра кабинета вăтам пÿллĕ çын кĕрсе тăчĕ.

— Никонор Емельянович! Пирĕн пата пырса курсан авăнччĕ,—калаçма пуçларĕ вăл, сывлăх сунса.

— Мĕн тума? Хваттер манăн ахаль те лайăх. Пÿлĕмсенче электричество алкăшать,—тесе шутларĕ председатель хăй патне пынă çын хресчен çурчĕн заведующийĕ иккенне курса.

— Мĕн тума?—тепĕр хут ыйтрĕ председатель.

— Хăнасем кĕтеççĕ. Кăштах калаçăпăр.

«Кайс мар—аван мар. Бюрократ тейĕç. Ĕç вăхăтĕнче пулсан,—ерĕç! çук, ĕç нумай, тенĕ пулăттăм. Халĕ мĕн калас? Ирĕксĕртенех, кайса килмен сĕртенех утас пулать вĕт!», шухăшларĕ председатель.

Акă хресчен çурчĕ те. Кил хушшине кĕмелли алăкĕ хăй йăтăнса анас пек ăрам-ăрам силленкелесе тăрать. Çенĕ чÿречисем кантса пĕтнĕ. Иккĕмĕш хутне хăпармалли пусмисем чалăшса кайнă.

«Йăтăнса анас пулсан, мĕн курас? Ирĕксĕрех больницăна кайса выртма тивет? Унта та çавах пулĕ-ха»,—шиклене-шикленех хăпарчĕ председатель хресчен çуртне.

— Ырă сунса кĕтетпĕр,—терĕç коридорта вырăн сарма хатĕрленекенсем.

— Паллашас тесе чĕнтĕмĕр те...—тесе илчĕ пĕри.

Председатель унталла-кунталла пăхкаларĕ. Коридор вĕсĕнче пальтосемпе кĕрĕксем сарса выртнă виçĕ çын тăрса ларнă та табак мăкăрлантараççĕ. Ватăрах çын кăмака умне кĕрĕк пĕркенсе выртнă.

— Акă çакăнта,—хутман кăмака çумне кăтартса,—сиро вырттарсан мĕнле-ши? Пĕр кас сывăркаласан, кăштах аналанса илмелле пек туйăнать. Кашни каçах çапла кунта. Килĕр-ха кунтарах,—чĕнсе илчĕ тепри председателе чÿрече умне.—Куратăр-и? Столовăйра электричество сунать, сирĕн хваттерте те электричество алкăшать. Кунта мĕншĕн çутă çук? Мĕншĕн шыши курĕ пек лампăсем кăна çунаççĕ? Вырăн çукран-и пирĕн урайĕнче.выртма тивет? Акă, парикмахерски... Ăна урăх çĕре куçарсан, унта икĕ кровать лартма пулать. Заведующийĕ икĕ пÿлĕм йышăнать. Çак çуртра çутă кĕртме виçĕ метр тăршшĕ провод кăна кирлĕ.

Председатель ним те чĕнеймест...

Коридорти шыв пÿлĕмсенче выртаканнисене те кускатрĕ. Вĕсем председателе хăйсем пурăнакан пÿлĕмсене те кĕрсе курма сĕнчĕç.

— Акă пĕртен-пĕр пукан. Хăрăр! Акă сĕтел Пали-и, ыран-и—йăтăнса анать вăл. Сĕтел çинче скатерть. Мĕсе çĕтĕк унăн? Пĕрре, икĕ... пунă. Çырас мĕн пулсан та, чернил патне пусинле чупас пулать.

— Пăхса тухăр-ха простынисене,—хутшăнчĕ калаçăва тепри.—Тупайратăр-и сĕтĕлмен простыня? Сĕтĕлмен е сапламан минтер пичĕ пур-и? Матрацсене пăхăрха! Акă, сĕтĕлсе кайнă вырăнсенчен улăм пĕрчисем сенĕк юпписем пек сÿлелле чăнк! тухса тăраççĕ. Ăçтан тупса лартнă вара эсир тахçанах музее ăсатмалли ку кроватьсене?

— Мĕншĕн пÿлĕмсенче тĕкĕр, вăйă япалисем, хаçат-журнал çук? Шыв ĕçесшĕн пулсан,—коридора чупмалла. Урана тăхăнмаллисене ăçта типĕтмелле?

* * *

Сĕнтĕр райсовет исполкомĕн председателĕ Н. Е. Петров юлташ çак çурта пырса курма вăхăт тупмĕ-ха. Унта пырса кĕнĕ пулсан, ăна чăнахах та çакăнта çырса кăтартнă йĕркесĕрлĕхсене асăрхатарнă пулĕччĕ. Ăна çак çурта вырнаçнă, кăçал вутă-шанкă курман ДОСААФ-ăн районти организацине, ир-каç çутăсăр ларакан парикмахерскине, 5—6 çын ларса тăмалăх пÿлĕме вырнаçнă библиотекăна та кăçе кĕрсе кăтартнă пулĕччĕ.

Тен, халĕ çак йĕркесене вуласа тухнă хыççăн, пырса курĕ вăл унта? Заведующи пулса ĕçлекен А. Горланов юлташăн та хăй ĕçĕ çине пăрне витĕр пăхас пулмасть!

Н. ЦВЕТНОВ.

# Тĕнчери лару-тару

### США ПЛАНĔСЕМ ПУТЛАНСА ПАРАÇÇĔ

Декабрĕн 14-мĕшĕпе 16-мĕшĕ хушшинче Парижра агрессилле Çурçĕр Атлантика союзĕн Совечĕн черетлĕ сессийĕ пулса иртнĕ. Сесси ĕçне çак блока хутшăнакан 14 çĕршывăн ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсем, çар министрĕсем тата финанс министрĕсем хутшăннă. Америка делегацийĕ хăйĕн хисепĕ енчен ытти делегацисенчен чылай пысăкрах пулнă. Делегацие США государство секретарĕ Даллес ертсе пынă.

Малалла та васкаса хĕçпăшалланасси, Хĕвеланăç Европăра çĕнĕ çар базисем тăвасси тата «Европа çарне» тăвасси çинчен тăракан ыйтусем сессие хутшăннă çынсемшĕн тĕп вырăнта пулнă. Хĕвеланăç Германире çĕнĕрен çĕкленекен ĕлĕкхи гитлерла çар «Европа çарĕнче» тĕп вырăн йышăнса тăмалла. Ют çĕршывсенчи хаçатсем пĕр кăмăллăн çакна палăртаççĕ: Даллес хăй Парижра пурăннă чухне Хĕвеланăç Европăри çĕршывсене, чи малтанах Францие хĕсме хытă тăрăшнă. Хĕвеланăç Европăри çĕршывсен «Европа çарĕ» çинчен тунă договора хăвăртрах çирĕплетмелле, тесе çине тăнă вăл.

Хальхи условисенче, Францири анлă общественность асăннă договора хирĕç хытă тăнă чухне, Франци правительстви, тем пек тăрăшсан та, договора хăвăрт çирĕплетме пултараймасть, тесе Франции ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Бидо калăхах Даллеса ăнлантарма хăтланнă. Çакна хирĕç Даллес уççăнах çапла каланă: Пĕрлешӳллĕ Штатсем ĕçе вăраха тăсса пынипе килĕшмĕ. Пресс-конференцире Даллес çапла çирĕплетсе каланă: «Европăри оборона пĕрлешĕвне» тăвасси çинчен тăракан ыйту пĕр вырăнтан тапранмасан, Пĕрлешӳллĕ Штатсен «хăйсен тулашри политикине тĕпрен тепĕр хут пăхса тухма тивет». Государство секретарĕ çакна кăтартса панă: çитес çулхи март уйăхĕнче Америка конгресĕ Европăна малашне «пулăшу» парасси çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухать, çавăнпа та унăн «Европăна пĕрлештересси» çинчен тăракан ыйту мĕнле лару-тăрура пулнине пĕлмеллех.

Даллес çапла калани Францири общественноçа хĕсме хăтланни пулать, тесе çырнă Францири хаçатсем. «Европăри оборона пĕрлешĕвĕ çинчен тунă договора ултă уйăх хушшинче çирĕплетмесен Америка Европăна паракан пулăшăва çурри таран чакарĕ, тесе Даллес уççăнах хăратса каланă», палăртать Франс Пресс агентстви. «Комба» хаçат хăйĕн умстатьинче çакна палăртать: «...США государство секретарĕ пире обществăлла вырăнта «Америка Европăри политикăна тĕпрен улăштарассипе», сĕмсĕррĕн хăратма хăять...» Фостер Даллес Парижри договорпа килĕшме шутламан пирĕн çĕршыври çынсене Вашингтон тытса пыракан чăн-чăн эгоистла шухăш-ĕмĕтсене кăтартса парасшăн пулнă пулас. Ситменнине ун çинчен куçран сĕмсĕртерех калама май пулман».

Францин мĕнпур кĕтесĕсенчи общественность Даллесăн ультиматумла требованийĕ пирки хытă тарăхать. Парламентри тĕрлĕрен ушкăнсен представителĕсем Даллес хускатнă ыйтăва васкавлăн сӳтсе явма требовани лартнă. Наци пухăвне çавăн пек требовани лартса чылай ыйтусем тăратнă: США государство секретарĕ каланă пирки правительствăн хăй мĕн шухăшлани çинчен пĕлтермелле. Францин министрсен совечĕн ларăвĕнче Франци президенчĕ Венсан Ориоль тата премьер-министр заместителĕ Поль Рейно Даллес каланă сăмахсене сивленĕ, ку вăл французсен наци чысне сĕмсĕррĕн тапăнни пулать тенĕ.

Хаçатсен пĕлтернинчен çакă курăнать: Даллес тухса калани Англири политикăллă ушкăнсенче те США государство секретарĕшĕн усăллă мар шухăш-кăмăл суратнă. Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ Лондонран пĕлтернĕ тăрăх, унта «Даллес пĕлтерни Францие вăл тытса пыма тăрăшакан çул-йĕрпе пачах килĕшсе тăман результатсем патне илсе çитерме пултарать» тесе пăшăрханаççĕ. «Дейли экспресс» хаçат: «Францири лару-тăру Англишĕн урок пулса тăмалла», тесе асăрхаттарать.

Даллеспа хирĕçсе илни ăнсăртран пулман. Хĕвеланăç Германи, паллă ĕнтĕ, Пĕрлешӳллĕ Штатсен Европăри планĕсенче тĕп вырăн йышăнса тăрать. «Европа çарĕ» тума палăртса, Америкăри влаçра тăракан ушкăнсем чи малтанах Германин хĕçпăшаллă вăйĕсене тепĕр хут тăвассине тата Хĕвеланăç Германи территорийĕнчен çарпа стратеги плацдармĕ туса хурассине асра тытаççĕ. «Атлантика совечĕн» генеральнăй секретарĕ Исмэй лорд нумаях пулмасть журналистсене çапла пĕлтернĕ: 1954 çулта Хĕвеланăç Германире авиаци базисен хисепĕ 34 çитмелле, ку хисеп тата пысăкланма та пултарать.

Çапла ĕнтĕ, Германи милитаризмĕ тепĕр хут çĕкленесси Европăна хăратса тăрать. Анчах Хĕвеланăç Германири государствăсенчи лару-тăрăвăн паллă енĕ çакăнта: халăхсем вăл хăрушлăха питĕ лайăх пĕлсе тăраççĕ, «Европа çарне» тумалли плансене хирĕç тăрасси кунтан-кун ӳссе пырать. Даллес Францие юнани «Европа çарне» хирĕç тăрассине ӳстерет кăна, тесе шутлаççĕ. Америкăри «Нью-Йорк пост» хаçат йышăннă тăрăх, Даллес юнаса калани «Европăри оборона пĕрлешĕвне хирĕç тăракан французсен позицине çирĕплетĕ, çак план майлă тăракан Франци лидерĕсен позицийĕсене хавшатĕ».

Çурçĕр Атлантика блокĕн участникĕсен Парижри сессийĕ «Европа çарне» тăвасси тата васкаса хĕçпăшалланасси çаплах çак блокăн «тĕп тĕллевĕ» пулса юлнине кăтартса панă. Сесси специальнăй комитетăн докладне çирĕплетнĕ. Унта «Европа çарĕн» составне 50 дивизи, бронетанковăй дивизисем 10 ытла, 3 пин самолет тата хуралласа пыракан 40 судно кĕртме палăртнă. Хĕвеланăç Европăри çĕршывсен çар расходĕсене ӳстерессе çинчен решени йышăннă.

Анчах çак решенисене пурнăçа кĕртесси малтанхи пекех йывăр ыйту пулса тăрать. США хăйĕн партнерĕсене хыттăн хĕсни ĕçе хăвăртлатасси пирки иккĕленмелле. Европăри халăхсем хăйсем миршĕн тăнине вăйлăрах та вăйлăрах палăртаççĕ.

### КАМ ИНДО-КИТАЙРА МИР ТĂВАССИНЕ ХИРĔÇ ТĂРАТЬ?

Демократиллĕ Вьетнам Республикин президенчĕ Хо Ши Мин Индо-Китай ыйтăвне мирлĕ майпа татса пама май пурри çинчен нумаях пулмасть Швецири «Экспрессен» хаçата панă ответсене Франци общественноçĕ хĕрӳллĕн ырласа кĕтсе илнĕ. Тĕрлĕрен политикăлла çул-йĕр тытса пыракан хаçатсем статьясем пичетлесе кăларнă. Франци правительстви Индо-Китай ыйтăвне татса парас тĕлĕшпе нимĕн тăхтаса тăмасăр мерăсем йышăнтăр, тесе требовани лартнă çав статьясенче. Буржуалла ушкăнсен йышлă представителĕсем те, Индо-Китайри вăрçа малалла тăсса пыни усăсăр пулнине ăнланса илнĕскерсем, çавнашкал шухăш майлă тухса каланă.

«Пирĕн хĕçпăшаллă вăйсем тăшман çарĕсене пĕтерме пултарайманнине йышăнас пулать,—тесе çырнă «Фигаро» хаçат.—Çак вăрçа пĕтерес тесен (вăл халран яракан вăрçă пулса тăрать), ыйтăва мирлĕ майпа татса пани кирлĕ».

Франци колонизаторĕсем нумай çулсем хушши Вьетнам халăхĕ хирĕç тăнине пĕтерсе лартма калăхах хăтланнă. Франци Индо-Китайри вăрçă валли пиншер миллиард франк укçа расходланă ĕнтĕ, вăл çынсем тĕлĕшĕнчен пысăк сухатусем тӳснĕ. Апла пулин те Франци çитĕнӳ тăвайман. Ахальтен мар ĕнтĕ Франци премьер-министрĕн Ланьелĕн нумаях пулмасть çапла калама тивнĕ: «Франци правительстви Индо-Китай ыйтăвне обязательно вăрçăпа татса памалла тесе шутламасть».

Ют çĕршывсенчи хаçатсем çакна паллă тунă: Бермуд утравĕсем çинчи канашлăва тухса кайнă чухне, Франци представителĕсем США-па Англи Демократиллĕ Вьетнам Республикипе калаçусем иртгерме шутланипе килĕшни çинчен сăмах илме ĕмĕтленнĕ. Анчах вĕсен ĕмĕчĕсем пурнăçланайман. «Вашингтон пост» хаçат кăтартса панă тăрăх, Франципе Вьетнам хушшинче мирлĕ калаçусем пулма пултарнă пирки «Вашингтонра хытă пăшăрханса ӳкнĕ».

Çурçĕр Атлантика блокĕн Совечĕн Парижри сессийĕнче Даллес США позицине çĕнĕрен çирĕплетсе панă. Франци правительстви «Европа çарĕ» тĕлĕшпе çирĕп пулман пирки тарăхнине пăхмасăр, Даллес çапла пĕлтернĕ: Парижра тунă договора Франци çирĕплетмесен те, США малашне те Индо-Китайри вăрçă валли укçа парса тăрĕ.

Нумаях пулмасть Индо-Китая США вице-президенчĕ Никсон пырса кайнă. Никсон, хаçатсем палăртнă тăрăх, çавăн пекех Индо-Китайри вăрçа малалла тăсасшăн тăнă. Америкăри ытти политикăлла деятельсем те çавăн евĕрлĕ тухса калаççĕ.

Америка хаçачĕсем хăй вăхăтĕнче США-н çар ведомствинче Индо-Китайра «çĕнтерӳ тума» тĕллев тытакан план туса хатĕрлени çинчен пĕлтернĕччĕ. Сăмах Францие хĕçпăшалсем парса тăрассине ӳстересси çинчен, Францин хĕçпăшаллă вăйĕсене пулăшас шутпа «Америка ушкăнĕсене тăвасси çинчен пырать. «Америка ушкăнĕсен» задачи—çар ĕçне вĕрентессине пурнăçласа пырасси, çарсене контроллесси тата хĕçпăшал парса тăрасси. «Ку план,—тесе çырнă «Нью-Йорк геральд трибюн» хаçат, — Индо-Китайри вăрçа американецсем чиккĕ леш енче тăвакан кирек мĕнле ĕçсемпе танлаштарсан, малти вырăна хума требовани лартать...»

Вашингтонра çак плана пăрахăçа кăларман. Юлашкинчен вара Америкăри влаçра тăракан ушкăнсем Индо-Китайра çирĕпленсе ларма тĕллев тытаççĕ. Вĕсем Индо-Китайпа çар бази вырăнне тата Америкăри монополисене пуйтармалли çăлкуç вырăнне усă курасшăн. Анчах çак шухăш-ĕмĕтсене, паллах ĕнтĕ, Вьетнам халăхĕ хăйĕн ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхне сыхласа хăварма пултарнине шута илмесĕр тăваççĕ.

Хăйĕн пĕлтернинче Хо Ши Мин çакна паллă тунă: «Вьетнам колонизаторĕсем хăйсен захватчикла вăрçине малалла та тăсса пырсан, Вьетнам халăхĕ патриотла вăрçăра çĕнтерӳ тăвиччен кĕрешĕ. Темиçе çул хушши пыракан вăрçă урокĕсене ăнланса илсе, Франци правительстви перемири тума тата Индо-Китай ыйтăвне калаçусем иртгернипе татса пама шутлать пулсан, Демократиллĕ Вьетнам Республикин правительствипе халăхĕ французсен сĕнĕвне сӳтсе явма хатĕр».

Франци халăхĕ çине тăрса Индо-Китайри вăрçа чарма требовани лартать. Çак вăрçă Франци халăхне нумай инкек кӳнĕ. Америка агрессорĕсем Индо-Китай ыйтăвне мирлĕ майпа татса парассине хытă чăрмантараççĕ пулин те, Францире Индо-Китайри миршĕн пыракан юхăм сарăлсах пырать. Тĕнчери мĕнпур çĕршывсенчи миллионшар çынсем, тĕнчери çĕршывсем хушшинчи çыхăнусенчи йывăр лару-тăрăва çăмăллатассине питех те интересленекен мĕнпур çынсем, çак юхăм майлă тăраççĕ.

Д. БОЧАРОВ.

## Итали парламентĕнче

РИМ, декабрĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Депутатсен палатин ĕнерхи ларăвĕнче Итали правительстви «Европа совечĕ» текенскерне, çавăн пекех «Çĕр. кăмрăкĕпе хурçăн Европăри пĕрлешĕвне» представительсем суйласа ярас ыйту тăрăх поражени тӳснĕ.

Депутат-коммунист Джан Карло Пайетта суйлава тепĕр вăхăта хăварма сĕнӳ панă. Христианла демократсем хирĕç тăнине пăхмасăр, депутатсен палати 254 сасăпа çак ыйтăва татса парассине январĕн 12-мĕшĕччен хăварма йышăннă. Çак решение хирĕç 234 сасă пулнă.

Сенат та çавăн евĕрлĕ решени йышăннă.

Ĕнер «Европăри федералистла юхăмăн» митингĕнче тухса каласа, де Гаспери çапла пĕлтернĕ: депутатсен палатинче сасăлани «пирĕн юхăм тĕлĕшĕпе хăшпĕр енчен пессимизмлă пулма хушать».

### ФАШИСТЛА ПУÇТАХСЕН ПАРИЖРИ ИРСĔР ĔÇĔСЕМ

ПАРИЖ, декабрĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, паян ир Парижра «Франци — СССР» ассоциацийĕн хăйне майлă магазинĕ çине тапăннă. Фашистсен 5 пуçтахĕ автомашина çинче ларса пынă, магазин кантăкĕн çине ракетасем пенĕ, унта хыçран вĕсем тарса пытаннă.

## Франциири президент суйлавĕ

ПАРИЖ, декабрĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви республика президенчĕн суйлавĕнче тăваттăмĕш хут сасăлании результачĕсене пĕлтернĕ. Сасăлана çĕре 928 депутат хутшăннă. 918 бюллетене тĕрĕс тесе йышăннă. Çапла вара мĕнпур сасăсенчен çурри ытларах пухма 460 сасă илмелле пулнă. Ланьель 408 сасă, Нежлен—344 сасă, Мĕлесен—45 сасă, Дельбос—42 сасă, Корню—35 сасă, тĕрлĕрен кандидатсем 44 сасă пухни çинчен пĕлтернĕ.

Хăшпĕр депутатсем нимĕн тăхтаса тăмасăр пиллĕкмĕш хут сасăлама кирли çинчен лартнă требованиене йышăнман.

ПАРИЖ, декабрĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, пиллĕкмĕш хут сасăланă хыççăн республика президентне суйламан, мĕншĕн тесен кандидатсенчен никăшĕ те ытларахăш сасă пухайман, (ытларахăшĕ 461 сасă пулмалла пулнă, мĕншĕн тесен 921 бюллетене тĕрĕс тесе йышăннă). Ланьель 374 сасă, Нежлен—312 сасă, Меделен (радикал-социалистсемпе çывăх тăракансем)—197 сасă илнĕ. Жорж Бидоăн 13 сасă панă, унăн кандидатури баллотировкăра пулман. Ытти деятельсем 25 сасă пухнă.

ПАРИЖ, декабрĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, улттăмĕш хут сасăланă хыççăн Жозеф Ланьель 397 сасă, Марсель-Эдмон Нежлен—306 сасă, Жан-Меделен—171 сасă илнĕ.

Çапла ĕнтĕ, президента суйлама тăратнă кандидатсенчен никăшĕ те мĕнпур сасăсенчен çуррине ытларах пухайман.

ПАРИЖ, декабрĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Франци республикин президенчĕн суйлавĕсем малалла пыраççĕ. Паян çиччĕмĕш хут сасăланă.

Сасăланă хыççăн Ланьель 407 сасă, Нежлен—303 сасă, Меделен 156 сасă илнĕ.

Кандидатсенчен никăшĕ те çуррипчен ытларах сасă пухайман пирки Мускав вăхăчĕпе 22 сехет те 30 минутра саккăрмĕш хут сасăласси çинчен решени йышăннă.

ПАРИЖ, декабрĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Мускав вăхăчĕпе çурçĕр иртсен 1 сехетре республика президенчĕн суйлавĕнче саккăрмĕш хут сасăласси вĕçленнĕ. Франс Пресс агентстви çапла пĕлтерет: саккăрмĕш хут сасăлас умĕн Меделен хăйĕн ятне кандидатсен списокĕнчен кăларнă. Çакна вăл «пĕрлĕх тума май паракан кандидатурăна пулăшас» тесе тунă. Апла пулин те, икĕ кандидатран никăшĕ те çуррипчен ытларах сасă (452 сасă) пухайман. Ланьель 430 сасă, Нежлен 381 сасă илнĕ. Ытти деятельсем 93 сасă пухнă.

Паян 17 сехетре тăххăрмĕш хут сасăлама йышăннă.

## Болгарири Халăх пухăвĕн суйлавĕ

СОФИЯ, декабрĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Болгарире Халăх пухăвĕн суйлавĕ пулса иртет. Республикăри государство влаçĕн аслă органне 249 депутат суйламалла. Мĕнпур суйлав округĕсенче Отечественнăй фронтăн кандидачĕсене сасăлама тăратнă. Вĕсем хушшинче — Болгари халăхĕн чи лайăх ывăл-хĕрĕсем — рабочисем, хресченсем, ĕç интеллигенцийĕн представителĕсем.

Суйлав Болгари халăхĕн патриотла çĕкленĕвĕ пысăк пулнă лару-тăрура иртет. Болгари халăхĕ иккĕмĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçлама тытăннă. Болгарири ĕççыннисем суйлав кунне пĕтĕм халăх уявне кĕтсе илнĕ пек кĕтсе илнĕ.

Вырăнти вăхăтпа ирхи çичĕ сехетре пĕтĕм çĕршывĕпех суйлав участокĕсен алăкĕсем уçăлнă. Пысăк çĕкленӳпе сасăлама пуçланă.

Çĕршыв столицинче — София хулинче—суйлав активлă та йĕркеллĕ иртет. Хулари урамсемпе площадьсене уяв чухнехи пек илемлетнĕ. Обществăлла тата пурăнмалли çуртсене Болгарипе Совет Союзĕн государство ялавĕсемпе, Болгарири Коммунистсен партийĕпе правительство руководителĕсен портречĕсемпе, халăх пухăвĕн депутатне суйлама тăратнă кандидатсен портречĕсемпе, суйлав умĕнхи лозунгсемпе тата Отечественнăй фронтăн плакачĕсемпе илемлетнĕ.

Кăнтăрла 11 сехет тĕлне хулари суйлав участокĕсенчен нумайăшĕнче суйлавçăсенчен çурри ытла сасăланă. София хулинчи ĕççыннисем Отечественнăй фронтăн кандидачĕсемшĕн активлă сасăлаççĕ.

## 1953 çулхи плана срокчен тултарнă

ПЕКИН, декабрĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Китай Халăх Республикинчи çĕршер промышленность предприятийĕсем 1953 çулхи производство заданийĕсене срокчен тултарнă. Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, çĕршывра чи пысăк металлурги комбинатĕнчи — Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китайри Аньшаньри металлурги комбинатĕнчи — цехсенчен нумайăшĕ çулталăкри плансене тултарнă. Çурçĕр Китайра ноябрь уйăхĕ вĕçленнĕ тĕле 205 предприяти çулталăкри плансене тултарнă. Вĕсем хушшинче — Шицзиншаньри электростанци, ялхуçалăх машиностроени завочĕ, халăх типографийĕ тата Пекинри ытти 47 предприяти. Çавăн пекех Тайюаньри сăрт-ту промышленноçĕ валли оборудовани туса кăларакан завод, Тяньцзинри велосипедсем туса кăларакан завод, Луаньри çĕр кăмрăк шахтисем тата ытти чылай предприятисем те çулталăкри плансене тултарнă.

### Китайри халăх представителĕсен вырăнти пухăвĕсен суйлавĕ

ПЕКИН, декабрĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, Тяньцзиньре 414 суйлав участокĕнче пуринче те халăх представителĕсен вырăнти пухăвĕсене депутатсем суйланă. Суйлава суйлавçăсен 95 процентне яхăн хутшăннă. Хальхи вăхăтра халăх представителĕсен районти пухăвĕсен пĕрремĕш сессийĕсене пухма хатĕрленеççĕ. Çĕнĕрен суйланнă депутатсем хушшинче — производствăра малта пыракан рабочисем, хресченсем, государство учрежденийĕсенчи служащисем, учительсем, студентсем, писательсем, художниксем, инженерсем, врачсем тата ыт халăхсен представителĕсем.

## Япони халăхĕ „Акахата“ хаçата хӳтĕлет

ПЕКИН, декабрĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви, Токиоран илнĕ хыпар тесе, çапла пĕлтерет: Япони халăхĕ Японири Коммунистсен партийĕн органĕ — «Акахата» хаçат майлă тăрать. Вăл хаçата нумаях пулмасть Иосида правительстви хĕсĕрленĕ пулнă. Çак хаçат виçĕ кунта пĕрре тухса тăрать. Хаçата кашни кунах кăларма май парас тесе, çĕршывра укçа-тенкĕ пухас кампани анлă сарăлнă. Массăлла кампани, тенĕ Токиоран пĕлтернинче, Иосида правительстви хушнипе ноябрĕн 21-мĕшĕнче хаçат редакцийĕ çине тапăннă хыççăн пуçланнă. Редакци çине тапăннине хирĕç Японири Коммунистсен партийĕн Токиори комитечĕ татăклăн протестленĕ. Комитет правительствăна халăха сăмах калама чарас тесе фашистла меслетсемпе усă курнăшăн айăпланă.

«Акахата» хаçата хĕсĕрленине хирĕç ответлесе, Япони халăхĕ хаçата активлăн хӳтĕлет. Кюсю префектуринчен пуçласа Кансай районĕнчи Киото таран, Центральнăй Японири Наганопа Гифуран пуçласа çурçĕр енче вырнаçнă Хоккайдо утравĕ таран — пур çĕрте те правительство сăмах ирĕклĕхне пĕтерсе лартнине хирĕç протестлесе митингсем пулса иртеççĕ.

### Демократиллĕ Германи Республикипе Норвеги хушшинче суту-илӳ килĕшĕвĕ тунă

БЕРЛИН, декабрĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Берлинра Демократиллĕ Германи Республикипе Норвеги хушшинче таварсем улăштарса илесси тата тӳлевсем çинчен тунă килĕшӳ çине алă пуснă. Пурĕ 16.450 пин долларлăх тавар улăштарса илмелле.

Çак килĕшӳ тăрăх Норвеги Демократиллĕ Германи Республикине сельдь, пулă консервĕсем, çу, спорт таварĕсем, хими продукчĕсем тата ытти таварсем те парса тăмалла.

Демократиллĕ Германи Республики Норвегие удобренисем, строительство материалĕсем, электротехника тата машинăсем тăвакан промышленноçăн изделийĕсем, автомобильсем, оптика приборĕсем, çавăн пекех музыка инструменчĕсем, пир-авăр таварĕсем, керамика изделийĕсем тата ытти таварсем те парса тăмалла.

### ДЕМОКРАТИЛЛЕ ГЕРМАНИ РЕСПУБЛИКИПЕ ХĔВЕЛАНĂÇ ГЕРМАНИ ХУШШИНЧЕ СУТУ-ИЛУ КИЛЕШЕВЕ ТУНА

БЕРЛИН, декабрĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Демократиллĕ Германи Республикин тулашри тата Германири шалти суту-илӳ министерстви çапла пĕлтернĕ: Демократиллĕ Германи Республикипе Хĕвеланăç Германи хушшинче калаçусем пулса иртнĕ хыççăн 1954 çулта пĕр-пĕрне таварсем парса тăрасси çинчен килĕшӳ тунă. Демократиллĕ Германи Республикипе Хĕвеланăç Германи хушшинчи тавар çаврăнăшĕ, 1953 çулхипе танлаштарсан, 31 процент ӳсет.

### ИРАН МЕДЖЛИСНЕ САЛАТСА ЯНĂ

ЛОНДОН, декабрĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин Тегеранри корреспонденчĕ пĕлтерниччен çакă паллă пулнă: паян Иран правительстви меджлисăн икĕ палатине те салатса ярасси çинчен тата шах указĕ тăрăх çĕнĕ суйлав иртгересси çинчен пĕлтернĕ.

### ИРАНĂН КĂНТĂР ПАЙĔНЧИ АРУСЕМ ХУШШИНЧИ ÇАПĂÇУСЕМ

ТЕГЕРАН, декабрĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). «Техране Мосаввар» журнал пĕлтернĕ тăрăх, Фарс тата Хузистан провинцийĕсем хушшинче вырнаçнă районта темиçе кун каярах икĕ ăру хушшинче вăйлă çапăçусем пуçланнă. Çапăçу вăхăтĕнче вилнисем нумай шутланаççĕ.

Хузистан дивизийĕ, тесе çырать журнал, çак районта йĕрке туса хурас тĕллевпе мерăсем йышăннă пулин те, сăрт-ту-лă вырăнсенче ăрусем хушшинчи çапăçусем малалла пыраççĕ.

### ВЬЕТНАМРА МИР ТĂВАССИШĔН КĔРЕШМЕЛЛИ ЭРНЕЛĔХ

Парижри митинг

ПАРИЖ, декабрĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Францире Вьетнамра мир тăвассишĕн кĕрешмелли эрнелĕх иртгернĕ май, ĕнер «Мютюалите» залĕнче Парижри ĕççыннисен митингĕ пулса иртнĕ.

Митингра ырласа йышăннă резолюцире митинг участникĕсем парламент членĕсене, вĕсем Наци пухăвне республика сессийĕ умне Хо Ши Мин пĕлтернине сӳтсе явма требовани лартчăр тата правительствăна калаçусем пуçтарма сĕнчĕр тесе, хистеме йыхăрнă.

## Учительсен стена хаçачĕ

ПЕРВОМАЙСКИ. Нăрваш Шăхальчи 7-çул вĕренмелли шкулти учительсен коллективĕ «За качество учебы» ятлă стена хаçачĕ кăларса тăрать. Виçĕ çул хушшинче стена хаçачĕ 17 номер тухнă. Хаçат страницисенче шкулти вĕрентӳпе воспитани ĕçĕнчи çитменлĕхсене критиклекен статьясем, малта пыракан учительсен, класс руководителĕсемпе отряд вожатăйĕсен ĕçĕсем çинчен калакан статьясемпе заметкăсем пулаççĕ.

Н. НИКОЛАЕВ.

## Кĕскен

★ **Çитес çул шучĕпе ĕçлеççĕ.** Елчĕк районĕнчи çу завочĕ çу туса кăлармалли çулталăкри плана вунă уйăх хушшинче тултарчĕ. Халĕ завод çитес çул шучĕпе ĕçлет.

А. СТЕПАНОВ.

★ **Çĕнĕ çула хатĕрленеççĕ.** Етĕрне районĕнчи Чурпай ял Советĕнчи вулав çурчĕ çĕнĕ çул кунне хатĕрленме тытăнчĕ. Çав кунсенче кунта концертсемпе постановкăсем, колхоз çамрăкĕсен вечерĕ пулать.

И. ЛЬВОВ.

★ **Кашни кĕçерен пĕр тиха.** Вăрнар районĕнчи «Большевик» колхозра А. Баканков колхозник конюх пулса хăй ĕçне питĕ юратса тăвать. Вăл хăй пăхакан кашни кĕсерен пĕрер тиха илсе çитĕнтерсе панă, пĕчченех 541 ĕçкунĕ тунă. Хушса тӳлемелли йĕрке тăрăх ăна çĕр килограмм тырă памалла тунă.

И. КОРАКОВ.

★ **Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем парса.** Шупашкар районĕнчи «Красный Волгарь» колхоз кăçал государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем сутса 22 лаша вăйлă двигатель тата пĕр автомашина туянчĕ.

Е. ВАСИЛЬЕВ.

★ **Художниксен семинарĕ.** Канашра, халăх пултарулăх çуртĕнче пуçарнипе, харпăр хăй тĕллĕн вĕреннĕ художниксен семинар-занятийĕсем пулса иртеççĕ. Унта 14 художник çӳрет. Вĕсем 80 сехетлĕ программа тăрăх вĕренеççĕ.

Г. ИСАЕВ.

### ÇАНТАЛĂК

Çитес виçĕ кун хушшинче пирĕн республикăра пĕлĕтлĕ çанталăк тăмалла, вăхăчĕпе уçăлмалла. Хăшпĕр вăхăтра юр çăвать, вырăнĕпе тĕтре пулать. Çил хĕвеланăç енчен вĕрет. Ăшă çил вăхăчĕпе кăштах вăйланмалла.

Çĕрле 12 градусран пуçласа 17 градус таран, ирхине 17 градусран пуçласа 22 градус таран сивĕ пулмалла. Кăнтăрла 8 градусран пуçласа 13 градус таран сивĕ пулать.

### Пĕлтерни

Декабрĕн 22-мĕшĕнче, 19 сехетре, КПСС хула комитечĕн библиотека çуртĕнче докладчиксем, агитколлектив руководителĕсем тата интеллигенци валли лекци пулать. Лекци теми: «Совет халăхĕн ырлăхĕшĕн тăрăшасси—Коммунистсен партийĕпе Совет правительствин ĕçĕнчи чи аслă закон».

Лектор—П. Г. Григорьев юлташ.

• • •

Декабрĕн 22-мĕшĕнче, 19 сехетре, КПСС хула комитечĕн библиотека çуртĕнче иккĕмĕш çул ĕçлекен политшкулсен руководителĕсен семинарĕ пулать.

Семинар руководителĕ—А. П. Николаев юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ — декабрĕн 22-мĕшĕнче чăвашла спектакль «Энтип». Декабрĕн 23-мĕшĕнче чăвашла спектакль «Юратнă хĕр».

Спектакльсем 19 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

### КИНО

«РОДИНА» — декабрĕн 22-мĕшĕнче тата малашнехи кунсенче те «Застава в горах».

«УДАРНИК» — декабрĕн 22-мĕшĕнче «Повесть о настоящем человеке».

Шупашкарти тата республикăри экрансем çинче

„Васса Железнова“

(М. Горькин пьеси тăрăх)

ятлă çĕнĕ илемлĕ фильм кăтартма пуçлаççĕ.

Фильма лартакансĕ — Л. Луков. Композитор—Лев Шварц.

Рольсене Ленин орденлă академилле Кĕçĕн театрăн артисчĕсем выляаççĕ.

Рольсене выляакан артистсем: К. Зубов, В. Пашенная, М. Жаров, Н. Шамин, Е. Солодова, В. Обухова тата ыттисем те.

Илемлĕ фильмсен Ӳкерекен М. Горький ячĕпе тăракан киностуди 1953 çулта ӳкернĕ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 6. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—5-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-36, секретариат—5-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, ...

НГ 09676

Типографи № 1 Министерства культуры Чувашской АССР.

Заказ № 8867. Тираж 20.000 экз.